ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул июль 17 ЭРНЕКУН № 138 (9047)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



## Тырпул пухса кĕртес ĕç тата районти хаçатсен задачисем

Чăваш республикинчи колхозниксемпе механизаторсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе кăçал пысăк тухăçлă тырпул çитĕнтерчĕç. Колхозсен уй-хирĕсенче пур çĕрте те чуна савăнтаракан, ăнса пулнă тырăсен хумханаççĕ. Хĕрӳ ĕçсен тапхăрĕ тырпул пухса кĕртесси, ялхуçалăхĕнчи чи ответлă та йывăр тапхăр çывхарса çитрĕ.

Районти хаçатсемшĕн хальхи вăхăтра мĕнпур колхозниксене, совхозсен рабочийĕсене, механизаторсене, ялхуçалăх специалисчĕсене тырпул пухса кĕртме тата ялхуçалăх продукчĕсен хатĕрлевне кăтартуллăн ирттерме мобилизацилес задачăран кирлĕрех задача урăх çук та. Хаçатсен колхозлă ял ĕçченĕсен ĕçри çĕкленĕвне пуçарса пымалла, массăсен чăн-чăн организаторĕсем пулмалла, Мари тата Мордва республикисем хушшинчи социализмла ăмăртура мала тухассишĕн пыракан кĕрешĕвĕн чăн-чăн организаторĕсем пулмалла.

Тырпул пухса кĕртесси—вăхăтра туималли ĕç, вăл кая юлнине чăтса тăма пултараймасть. Тырпул пухса кĕртессинче кăшт кая юлни те пысăк тăкаксем патне илсе пырать. Тăкаксем ан пулччăр тесен, кашни колхозăн, совхозăн тата машина-трактор станцийĕн тырпул пухса кĕртме пур енĕпе те тĕплĕн хатĕрленмелле. Сăмах кунта тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра МТС-сен, совхозсен тата колхозсен пуян техникипе туллин усă курасси, вĕсене тĕрĕс вырнаçтарса тухасси, ĕç ресурсĕсемпе тата шалти резервсемпе туллин усă курасси, ĕçе лайăх организацилесси, хатĕрлев ĕçне йĕркеллĕ те таттисĕрпе тăвасси çинчен пырать.

Çак питех те кирлĕ ыйтусем вырăнти парти, совет тата ялхуçалăхĕпе хатĕрлев органĕсен ĕçĕнче тĕп вырăнта тăраççĕ. Вĕсем çавăн пекех кашни район хаçачĕн ĕç планĕнче тĕп вырăн йышăнма тивĕçлĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пĕрмаях колхозниксен ĕçне çăмăллатас тĕлĕшпе ырми-канми тăрăшаççĕ. Мĕнпур ялхуçалăх ĕçĕсенчи пекех, тырпул пухса кĕртес ĕçре малта тăракан техникăпа çулсерен ытларах та ытларах усă кураççĕ. Кăçал пирĕн республика уй-хирĕсенче те комбайнсем иртнĕ çулсенче ĕçлениничен нумайрах ĕçлеççĕ. Задача акă мĕнре: тырпул пухса кĕме тухсан малтанхи кунсенчех комбайнсене, жаткăсене, лобогрейкăсене, молотилкăсене тата МТС-сенчи, колхозсенчи, совхозсенчи тырпул пухса кĕртмелли ытти машинăсене пурне те ĕçе ямалла, тырпул пухса кĕнĕ вăхăтра кашни комбайнерăн, молотилка машинисчĕн, колхозникăн, совхозри рабочин ĕç нормине пĕрмаях тата куллен-кун тултармалла тата ирттерсе тултармалла тăвас пулать.

Юлашки çулсенче пирĕн республикăра та комбайнсемпе тата ытти машинăсемпе тырпул пухса кĕртес ĕçĕн мастерĕсем ӳссе çитĕнчĕç. Хаçатсен тивĕçĕ—малта пыракансен опытне тарăнăн, лайăх пĕлсе пропагандăласа пырасси, çав опытпа ытларах усă курмалла тăвасси. Кĕлте çыхас, молотилкăпа авăн çапас тĕлĕшпе мухтама тивĕç ĕçлекенсен тата транспорт бригадисен паха опытне çутатса тăмалла.

Хаçат редакцийĕсен çакна асра тытмалла: пичет хăйĕн ĕçне яланах хуçалăхпа политикăлла задачăсен хальхи шайĕнче туса пыма тивĕçлĕ. Халĕ, колхозниксемпе механизаторсен пысăк пайĕ тăрăшса, пĕтĕм вăя хурса ĕçленĕ тата ĕçĕн чи паха тĕслĕхĕсене кăтартнă чухне, хаçатсенче пĕр-пĕр малта пыраканăн çитĕнĕвĕсем çинчен кăна çырни пачах çителĕксĕр. Колхоз производствинче малта пыракан-новатор пĕтĕм бригада чысĕшĕн, пĕтĕм колхоз чысĕшĕн çине тăрса кĕрешнине кăтартса памалла. Кунпа пĕрлех хаçатсен тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсенчи чăрмавсемпе çитменлĕхсене хăюллăн тупса палăртмалла, вĕсене çийĕнчех пĕтерме тăрăшмалла.

Тырпула вăхăтра пухса кĕртни сахалха, çав вăхăтрах тăкак тăвассине хирĕç пур майсемпе те кĕрешмелле. Хаçатсем тырпула тăккаланине хирĕç кĕрешессине хăйсен чыслă ĕçĕсенчен пĕри тесе шутламалла.

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсенчи нумай ыйтусене çутатнă чухне пĕлтĕр пирĕн республикăри хăшпĕр районсенчи хаçатсем кирлĕ пек оперативлăх тата пуçарулăх кăтартаймарĕç. Вĕсем, уйрăмах Хĕрлĕ Чутай, Шăмăршă, Тăвай районĕсенчи хаçатсем, тырпул пухса кĕртес тата ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес ĕçсем мĕнле пулса пынине йĕркеллĕ, анлăн çутатса тăраймарĕç. Хаçатсем хăйсен страницисене хăй тĕллĕн пырса кĕнĕ е телефонпа организациленĕ материалсемпех тултарса пычĕç. Çавăн пирки ĕнтĕ чылай колхозсем тырпул пухса кĕртес тата ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес ĕçсенче юлса пынин сăлтавĕсене вăхăтра уçса палăртмарĕç.

Хаçатсен тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсене кăçал йĕркеллĕн, пĕлсе те тĕрĕс çутатса тăрас пулать. Вĕсен кашни колхоз, МТС тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине сводкăсем тăрăх мар, хĕрӳ ĕç тăрăх пĕлсе тămалла. Хаçат работникĕсен час-часах колхозсемпе МТС-ра хăйсен пулас пулать. Ĕçри çитменлĕхсене критикленипе пĕрлех лайăх ĕçлекенсем çинчен те анлăн çутатмалла. Ĕçе пĕр енлĕн кăна çутатни пулмалла мар.

Пирĕн чылай районти хаçатсен, уйрăмах Çĕрпӳ, Первомайски, Канаш районĕсенчи хаçатсен, çакăн пек пысăк çитменлĕх пур: вĕсем колхозсенче ĕç ресурсĕсемпе туллин усă курассишĕн тата ĕç дисциплинине çирĕплетессишĕн мĕнле кĕрешнине начар çутатса тăраççĕ. Ĕç дисциплинине пăсакансене куллен-кун тăрă шыв çине кăларса пымалла, кахалсене критикленипе пĕрлех вĕсене хӳтĕлекенсене те кăтартса памалла.

Партилле-политикăлла тата агитацилле-массăлла ĕçсене вăйлатса, колхозлă ял çыннисене пурне те тырпула кĕске срокра пухса кĕртме, государствăна срокчен тырă парса татма мобилизацилемелле. Çавăн пекех колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсем хушшинчи культурăлла-массăлла ĕçе лайăхлатмалла, колхозниксем, бригадăсем, колхозсем, МТС-сем тата районсем хушшинчи социализмла ăмăртăва çĕнĕ вăйпа чĕртсе ямалла. Кунта чи кирли—социализмла ăмăртун результачĕсене пурне те вăхăтра пĕлтерсе тăрасси пулать, ку ĕçре нагляднăй агитаци пур майĕсемпе те, стена хаçачĕсемпе тата боевой листоксемпе анлăн усă курмалла. Çак ыйтусемпе вырăнти пичетĕн куллен интересленмелле.

Районти хаçатсен тепĕр хисеплĕ тивĕçĕ—колхозсемпе МТС-сенчи стена хаçачĕсен редколлегийĕсене пулăшса тăрасси. Стена хаçачĕсен ĕçĕсем çинчен тăтăшах çырмалла, редколлегисен ĕçне лайăхлатма консультацисем ирттермелле, стена хаçачĕсемпе боевой листоксен черетлĕ номерĕсене кăларма пулăшмалла.

Вырăнти пичет умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлас ĕçре парти райкомĕсен хаçатсене конкретлăн ертсе пырас пулать, мĕншĕн тесен парти ертсе пыни—районти хаçатсен, вырăнти пичетĕн ĕçне пĕрмай лайăхлатса пымалли никĕс пулса тăрать.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Б. П. Бещев юлташа Ленин орденĕпе наградăласси çинчен

СССР Çул-йĕр министрĕ Б. П. Бещев юлташ 50 çул тултарнă май тата вăл чугун çул транспортне аталантарас ĕçре уйрăмах паллă ĕçсем тунине палăртса, Борис Павлович Бещев юлташа Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи июлĕн 15-мĕшĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Ф. В. Гладков писателе Ленин орденĕпе наградăласси çинчен

Илемлĕ литература енĕпе уйрăмах паллă ĕçсем тунăшăн, çуралнăранпа 70 çул тултарнă май, Федор Васильевич Гладков писателе Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1953 çулхи июлĕн 15-мĕшĕ.

## 300 ТОННА СИЛОС

ПАРАЧКАВ. «Трактор» колхоз членĕсем 410 гектар çинчи курăксене çулса пухас ĕçе çак кунсенчех вĕçлеççĕ. Утă пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах тухать.

Колхозра силос хатĕрлесси те ăнăçлă пырать. Комсомолецсем (комсомол организаци секретарĕ И. Верхов юлташ) тĕрлĕ курăксене çулса пухса 100 тонна силос хывнă. Çак паха та сĕтеклĕ апата колхозра мĕн пурĕ 150 тонна хатĕрленĕ, тырă вырма тухиччен тепĕр çавăн чухлĕ хываççĕ.

# Витнĕ итемсемпе зерносушилкăсем тăвас ĕçе вăйлатар!

## Трактор бригади ĕçе хатĕр

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Таланцева коммунистка пиллĕкмĕш çул ĕнтĕ 10-мĕш трактор бригадин бригадирĕ пулса ĕçлет.

Таланцева юлташ 16 çулта чухнех Хĕрлĕ Чутай МТС-ĕ çумĕнче уçăлнă трактористсен курсне вĕренме кĕнĕ. 1942 çулта ăна трактор шанса панă.

— Малтанхи хут трактор çине ларнă чухне пулнă хамăн ăшри савăнăçа нихăçан пĕр сăмахсемпе те каласа пама пултараймастăп,—тет бригадир.

Çамрăк трактористка умĕнче чылай йывăрлăхсем тăнă. Кăткăс техникăна алла çавăрса илесси çăмăлах пулман. Анчах трактористка çине тăрса вĕреннĕ, çĕршыври малта пыракан трактористсен опычĕпе паллашнă.

Унăн бригадинче ĕçлекен трактористсем—пурте çамрăксем, вăрçă хыççăн çеç трактор çине ларнăскерсем. Таланцевăсен çемйине районта механизаторсен çемйи теççĕ. Хăй вăл — бригадир, унăн шăллĕ Алексей—тракторист, шăллĕн арăмĕ — машиновед, йăмăкĕ—весовщица.

10-мĕш трактор бригади Чапаев ячĕпе, Энгельс ячĕпе, Сталин ячĕпе тăракан тата «Коллективист» колхозсенче ĕçлет. М. Таланцева юлташ бригадир пулса ĕçлеме пуçланăранпа бригада ĕçĕ тĕпрен лайăхланнă. Бригада тунă ĕçсене колхозсем яланах лайăх хак парса йышăнаççĕ.

Трактор бригадине колхозсем яланах хапăл туса кĕтсе илеççĕ. Кăçалччен бригадăра самоходнăй комбайн пулман. Кăçал пĕр самоходнăй комбайн, пĕр молотилка ĕçлеме тытăнаççĕ. Вĕсене механизаторсем лайăх юсанă. Механизаторсем ăнса пулнă тырра пĕр тăкаксăр пухса кĕртме тăрăшаççĕ. Трактор бригадин членĕсем хăйсем ĕçлекен колхозсенче кашни гектартан вăтам шутпа 14 центнер тĕштырă, 140 центнер çĕрулми туса илме сăмах панă. Бригада колхозри уй-хир бригадисемпе пĕрле тырпула пухса кĕртмелли ĕçсен планне туса хатĕрленĕ.

Самоходнăй комбайн Сталин ячĕпе тăракан колхозра ĕçлемелле. Комбайнер П. Яхатин, унăн помощникĕ Н. Хохлов юлташсем план тăрăх 280 гектар вырмалла пулсан, 500 гектар вырса пухма обязательство илнĕ. А. Таланцева машиновед «МК-1100» молотилкăпа 400 тонна вырăнне 700 тонна тырă çапма пулнă. Кашни колхозник механизаторсем патĕнче мĕнле ĕç тумаллине аван пĕлсе тăрать. Тырă вырма тухас ыйтупа бригадăри механизаторсем пур колхозсенчи уй-хир бригадирĕсемпе, колхоз правлени членĕсемпе пĕрле производствăлла канашлу ирттернĕ.

С. ИЛЬИН.



Ишлей районĕнчи «Большевик» колхозра.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: колхозри библиотекăн заведующийĕ Е. Самаркина 1-мĕш бригада членĕсене çĕнĕ хаçат вуласа парать.

А. КОСТИН фотоӳкерчĕкĕ.

## Агитаци ĕçне манма юрамасть

ВĂРНАР. Уравăшри Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем, Вăрнар МТС-чи механизаторсемпе туслă ĕçлесе, пысăк тухăçлă тырпул туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Вăйлă тырпула пухса кĕртме хатĕрленес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ.

Çак кунсенче уй-хир бригадисен пухăвĕсенче тырпул пухса кĕртмелли тата государствăна тырă парас ĕçе тумалли плана пăхса тухрĕç. План тăрăх кĕрхи тырăсене 9 кунран кая юлмасăр пухса кĕртме палăртнă. Тырă вырма тухсан 3—4 кунтан авăн çапса государствăна тырă пама тытăнмалла. Тырпула уй-хиртен пухса кĕртес ĕçе 500 колхозник ытла хутшăнать.

Тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра çулсеренех столовăй уçаççĕ. Кăçал та столовăй пулать, ăна валли апат-çимĕç çителĕклех хатĕрленĕ. Çакăн пек туни, паллах ĕнтĕ, ĕç вăхăтне нумай перекетлеме май парать. Пĕчĕк ачасем валли ясли уçăлать. Унта 200 ача яхăн çӳремелле.

Анчах та Киров ячĕпе тăракан колхозра пысăк çитменлĕх пур-ха. Кунта çураки вăхăтĕнче те агитаципе массăлла ĕçе кирлĕ пек туса пымарĕç. Халĕ те тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтри агитмассăлла ĕçсен планне туман, агитаторсене шута илсе бригадăсем тăрăх çирĕплетмен. Колхозри «Çĕнтерӳçĕ» стена хаçатне (редакторĕ Я. Сюмайкин юлташ) çураки вăхăтĕнче те йĕркеллĕ кăларса тăмарĕç. Халĕ те редколлеги ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе нимĕн те туса ирттермен. Бригадăсенчи боевой листоксен редакторĕсен ĕçне те лайăхлатни кирлĕ.

Г. ПАВЛОВ.

## „ГИГАНТ“ КОЛХОЗРА

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Гигант» колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Колхозра тырпул пухса кĕртмелли ĕç планĕ туса хатĕрленĕ, ăна колхозниксен пĕрлехи пухăвĕнче сӳтсе явса çирĕплетнĕ. Кашни колхозникпа колхозницăн ĕç вырăнĕ паллă. Жнейкăсемпе ĕçлеме опытлă колхозниксене уйăрнă. Кашни жнейкăпа, сменăпа ĕçлеме 6-шар лаша çирĕплетнĕ.

Тырă вырма тухнă хыççăн 3—4 кунтан колхоз авăн çапма тытăнать. Колхозăн 7 молотилка. Вĕсене электричество вăйĕпе ĕçлеттермелле пулать. Тырă тасатмалли машинăсем те çителĕклĕ, вĕсем пурте юсавлă. Чĕрĕ тырра типĕтме виçĕ зерносушилка тата çичĕ авăн хатĕрленĕ.

Государствăна тырă леçме 3 транспорт бригади организациленĕ. Шăналăксемпе михĕсем кирлĕ чухлех. Транспорт бригадисене ертсе пыма Н. Кондратьев коммуниста, Г. Никитинпа В. Иванов комсомолецсене уйăрнă. Колхозниксем государствăна тырă памалли плана сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарма йышăннă.

В. РОМАНОВ.

## Вăйлă тырпул çитĕнет

ИШЛЕЙ. Çанталăк ăшă тăни тата сумăр çителĕклĕ çуса тăни тырпулсене хăвăрт çитĕнме пулăшать. Халĕ колхозсем ăнса пулакан тырпула пĕр тăкаксăр, пысăк пахалăхпа, кĕске срокра пухса кĕртме хатĕрленсе пыраççĕ, ялхуçалăх машинисене, транспорт хатĕрĕсене вăхăтра юсаса лартассишĕн тăрăшаççĕ.

«Правда» колхозра тырпул пухса кĕртме аван хатĕрленеççĕ. Колхоз правленийĕ, агроном пулăшнипе тата активлă колхозниксене хутшăнтарса, тырпул пухса кĕртмелли план тунă. Колхозра ялхуçалăх машинисене юсас ĕç те аван пырать. Кĕркунне çанталăк йĕпе-сапа пулассине асра тытса, витнĕ итемсене юсаса пĕтернĕ. Колхоз тимĕрçи Н. Павлов тăрăшнипе 27 урапа тӳрлетнĕ. Молотилкăсемпе жнейкăсем пурте юсавлă.

Колхоза тырпул пухса кĕртес ĕçре МТС пысăк пулăшу парать.

«Правда» колхоз уй-хирĕнче вăйлă тырпул çитĕнет. Колхозниксем кăçал кашни гектартан вăтам шутпа 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илессине шансах тăраççĕ.

Çак колхозра пахча çимĕçсем те çулсеренех тухăçлă туса илеççĕ. Кăçал ку енĕпе ĕçлеме ятарласа бригада тунă. Ытти çимĕçсемпе пĕрлех арбуз та акнă. Бригада членĕсем пахча çимĕçсене тухăçлă туса илессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

Ф. ОЛАНГИН.

## Тырпула пĕр тăкаксăр пухса кĕртессишĕн

СОВЕТСКИ. Свердлов ячĕпе тăракан колхоз çуракине пысăк пахалăхпа тата кĕске срокра ирттернĕшĕн районти Хисеп хăми çине кĕме тивĕçлĕ пулчĕ. Çуркунне ыраш калчине удобренисемпе апатлантарчĕç. Сурхи тырăсем те лайăх ӳсрĕç. Суртрисене икĕ хутчен çумкурăксенчен тасатнă.

Колхозниксем тухăçлă тырпула пĕр тăккаламасăр пухса кĕртме аван хатĕрленнĕ. Тимĕрçĕсем мĕнпур машинăсене пысăк пахалăхпа юсаса лартнă. Кашни бригадăрах витнĕ итемсем пур, вĕсем юсавлă. Транспорт бригади тунă.

Ялти вулав çурчĕ тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра колхозниксем хушшинче ирттермелли агитацилле-массăлла ĕçсен планне туса хатĕрленĕ. Колхозри агитаторсем халĕ бригадăсенче колхозниксемпе калаçусем ирттереççĕ, вĕсене вăйлă тырпула пĕр тăккаламасăр тата кĕске срокра пухса кĕртме мобилизацилеççĕ.

А. НИКОЛАЕВ.

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Çĕнĕ станок-автоматсем

Мускаври С. Орджоникидзе ячĕпе тăракан заводра автоматла тата çурмаавтоматла çĕнĕ йышши станоксем мĕнле ĕçленине тĕрĕсленĕ. Çав станоксен хăвачĕ ĕлĕкхи агрегатсен хăватĕнчен икĕ хут пысăкрах, вĕсем метала хăвăрт касаççĕ.

Çĕнĕ автомат япаласем тунă чухне пĕр вăхăтрах 4 япалана касса якатать. Тĕрлĕ инструментсем метала шăтараççĕ, якатаççĕ, гайкăсем лартмалли вырăнсене касса хатĕрлеççĕ тата ытти ĕçсене тăваççĕ. Станок подшипниксен ункисене, электродвигательсен валикĕсене, болтсем, гайкăсем тата ытти япаласем тума пултарать.

Предприятири çĕнĕ йышши тепĕр машина та—нумай резецсемлĕ çурмаавтомат та лайăх ĕçлет. Ун çинче тĕрлĕ ĕçсене тăвакан 2 резецран пуçласа 20 резец таран тата ытларах та лартма пулать. (ТАСС).

## Планран ирттерсе металл шăратса кăлараççĕ

НИЖНИЙ ТАГИЛ. Иккĕмĕш çур çулăн малтанхи кунĕсенчен пуçласах Куйбышев ячĕпе тăракан металлурги заводĕнчи сталеварсем заданирен ирттерсе металл шăратса хатĕрлеççĕ. Июлĕн малтанхи вунă кунлăхĕнчи плана вĕсем 13 процент ытла ирттерсе тултарнă. Мĕнпур операцисенче вăхăта перекетлесе, сталеварсем графикра палăртнинчен малтан хурçă шăратса кăлараççĕ.

Июль уйăхĕнче цехри мĕнпур сталеварсем хурçă шăратас ĕçе хăвăрт тумалли меслетпе ĕçленĕ, планран ирттерсе металл шăратса кăларнă. (ТАСС).

## Сталинград гидроэлектростанцийĕн çĕр пĕвине тума тытăннă

ВОЛЖСКИЙ, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Сталинградри гидроузела тунă çĕрте ĕçĕн çĕнĕ тапхăрĕ пуçланнă. Пульповод вырнаçтарса лартнă хыççăн гидромеханизаторсем Атăл хĕрринчи айлăмри пĕвене тума тытăннă. Çав пĕвĕ сулахайри çырантан пуçланса шыва хухтармалли тимĕрпе бетонран тăвакан пĕве патне тата гидростанци çуртĕ патне çитмелле.

Пĕве пулмалли вырăна 1005 номерлĕ çĕр чавакан снаряд çинче ĕçлекен çамрăксен коллективĕ темиçе пин кубометр çĕр купаланă ĕнтĕ, ку коллектива Атăлпа Дон хушшинчи канала тунă çĕрте ĕçленĕ Г. Бовш ертсе пырать. 510 номерлĕ çĕр чавакан снарядăн коллективĕ те çавăнтах ĕçлет. Часах унта çĕр чавакан тепĕр снаряд илсе пыраççĕ.

Гидромеханизаторсем çĕр чавса купаламалли задание срокчен пурнăçлама сăмах панă.

## Инçет Хĕвелтухăçĕнчи кит тытакансен çитĕнĕвĕ

ВЛАДИВОСТОК, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Кит тытакансен «Алеут» ятлă флотилийĕ, çĕр кăмрăкĕ тиенĕ хыççăн, каллех Командорски утравсем патне тухса кайнă. Унта пысăк китсем нумай пуханни паллă пулнă. Кит тытакан суднăсен экипажĕсем ĕнер шыв çинче çӳрекен базăна 33 пысăк кит илсе пынă.

Железновпа Коновалов гарпунерсем китсем тытнă çĕрте питех те ăста ĕçлеççĕ. Вĕсем кашни сакăршар кит вĕлернĕ, вунă кунлăх задание пĕр кун хушшинче пурнăçланă. Кобыльников гарпунер флотилире малта пырать. Вăл август уйăхĕнчи план шучĕпе вуннĕр кит тытнă.

Курильски флотилин коллективĕ те китсем тытмалли графика срокченех пурнăçласа пырать. Инçет Хĕвелтухăçĕнчи китсемпе тискер кайăксене тытас тĕлĕшпе ĕçлекен трест паян кит тытмалли çичĕ уйăхри плана тултарнă.

## Ашхабатра çĕнĕ предприятисем лартаççĕ

АШХАБАД, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Хулара çăмăл промышленноçăн çĕнĕ предприятийĕсене лартаççĕ. Атă-пушмак фабрикин тĕп корпусне туса пĕтернĕ. Çĕнĕ предприяти çак çулталăк вĕçленнĕ тĕле ĕçе кĕрет, вăл çулталăкра 500.000 мăшăр атă-пушмак туса кăлармалла.

Кантăк тăвакан механизациленĕ заводăн цехĕсене тăвас ĕç ăнăçлă пулса пырать. Ăна ĕçе ярсан, бутылкăсем туса кăларасси виçĕ хут ӳсет, çĕнĕ йышши япаласем: термоссем, савăт-сапа, консерв банкисем тума тытăнаççĕ.

Çĕнĕ предприятисем лартнипе пĕрлех халĕ ĕçлекен фабрикăсен хăватне те пысăклатаççĕ.

## Экскаваторсем котлован тĕпне çитнĕ

ЖИГУЛЕВСК, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Куйбышев гидроэлектростанцийĕн çуртне лартмалли котлован халĕ стройкăн тĕп участокĕ пулса тăрать. Çĕр чавакан машинăсем кунта кашни кунах 20 пин кубометр тата ытларах та çĕр чавса кăлараççĕ. Гидроэлектростанцин строительство площадкине хатĕрлес тĕлĕшпе 6 миллион кубометр ытла çĕр чавса кăларнă ĕнтĕ.

Паян сылтăм çыранри механизаторсем ĕçре çĕнĕ çĕнтерӳ тунă: Мячев, Бородин тата Лубенец юлташсем ертсе пыракан бригадăсем, çĕре экскаваторсемпе чавса, котлован тĕпĕ пулмалли тĕле çитнĕ. Çав участокра 40 метр тарăнăшĕнчен çĕр чавса кăлараççĕ. Çĕр чавакан машинăсем котлован тĕпĕ пулмалли вырăна тасатса пĕтерсен, бетонщиксем ГЭС никĕсĕ пулмалли плитан малтанхи виçĕ секцине тума тытăнаççĕ.

## Ялтăра А. П. Чехов памятникне уçнă

ЯЛТА, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Кунта Приморски паркра вырăссен аслă писателĕн А. П. Чеховăн памятникне лартнă. Памятник уçнă ятпа паян пулнă митинга халăх нумай пуханнă.

Митингра партин Ялта хула комитечĕн секретарĕ Кондратьев юлташ, Поповкин писатель, СССР халăх артисчĕ Грибов сăмах тухса каланă.

Пуханнисем А. П. Чехов арăмĕ—СССР халăх артистки О. Л. Книппер-Чехова тата писатель йăмăкĕ М. П. Чехова тухса каланине ăшă кăмăлпа кĕтсе илнĕ.

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ халăхпа пĕрлĕхле пулса çĕршыва коммунизм строительствин çулĕпе малалла шанчăклăн ертсе пырать

## ПАРТИ КОМИТЕЧĔСЕН АКТИВПА ПĔРЛЕ ПУЛНĂ ПЛЕНУМĔСЕНЧЕ

### КУСЛАВККА

КПСС райкомĕн пленумĕ пухăнса иртрĕ. Пленумра райком членĕсемсĕр пуçне районти парти активĕ пулчĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн итогĕсем çинчен райком секретарĕ Евдокимов юлташ тунă доклада коммунистсем тимлĕн итлерĕç. Докладчик тата пренире тухса калакансем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени пирĕн партипе совет халăхĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине палăртрĕç. Унпа пĕрлех вĕсем ĕççыннисен ирсĕр тăшманне Берияна хирĕç партипе правительство вăхăтра йышăннă татăклă мерăсене чĕререн ырларĕç.

— Пирĕн Тăван çĕршыв,—терĕ пленумра ватă коммунист Юсупов юлташ,—социализмран коммунизма çĕнтерÿллĕн куçса пырать. Унăн нумай миллионлă халăхĕ мирлĕ ĕçпе пурăнать. Çакă пĕтĕм тĕнчери империалистсене тарăхтарать, уртарать. Халăхпа партин ирсĕр тăшманĕ Берия буржуазие сутăннă. Влаçа хăйĕн аллине илсе вăл Тăван çĕршыва та юта сутасшăн пулнă. Ĕç тухмарĕ! Партин Центральнăй Комитечĕ тăшмана вăхăтра асăрхарĕ, унăн сăтăрла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларчĕ. Эпир, коммунистсем, преступниве тивĕçлипе айăплама ыйтатпăр.

Трибуна çинче «Коммунар» колхоз председателĕ Степанов юлташ.

— Партипе халăх тăшманĕ Берия, — тет вăл,—руководствăна шăвăнса кĕрсе, Тăван çĕршывра коммунизм тăвас ĕçе чăрмантарма хăтланнă. Вăл колхоз стройне хирĕç усал шухăшсем тытнă, колхозниксен телейлĕ пурнăçне туртса илесшĕн пулнă. Эпир, колхозниксем, Ленинпа Сталин сĕннĕ коллективлă пурнăçшăн çирĕп тăратпăр, хамăр телее никама та памастпăр. Берияна çĕлен-калталла, сутăнчăкла ĕçĕсем çине уй-хирте кашласа ларакан тырпула пĕр пĕрчĕ хăвармасăр пухса кĕртнипе ответлетпĕр.

Ун хыççăн суртсем тăвакан завод директорĕ Коваленко юлташ сăмах илет.

Пĕтĕм тĕнчери реакцин агентне Берияна вăхăтра тытса халăх сучĕ умне тăратнăшăн вăл партипе правительствăна завод коллективĕ ячĕпе тав тăвать. Çурт тăвакансем КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительствине вĕçĕ-хĕррисĕр ĕненсе тăнине палăртса, Коваленко юлташ çапла калать:

— Гениллĕ Ленин туса çирĕплетнĕ Коммунистсен партийĕпе Совет влаçĕ пирĕн çĕршыври халăхсене çĕрпе мир, ĕçпе ирĕклĕх пачĕ. Ĕççыннисем хăйсен тăван партипе правительствине юратаççĕ, хисеплеççĕ тата çирĕп шанса тăраççĕ. Пирĕн партин, правительствăн тата халăхăн пĕрлĕхĕ халĕ нихçанхинчен те вăйлă. Тăшмансен пур планĕсем те çак пĕрлĕх çине пырса çапăнса арканнă тата малашне те арканĕ. Эпир хамăр сыхăлăха тата ытларах ÿстерĕпĕр, партин Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçсе ĕçлĕпĕр.

Пренире çавăн пекех районти прокурор Порфирьев, поселок Совет председателĕ Федоров, «Красная Чувашия» колхозри парторганизаци секретарĕ Алендеев, МТС директорĕ Захаров, çуртсем тăвакан заводри партбюро секретарĕ Григорьева, Чăваш халăх поэчĕ Ухсай Якăвĕ т. ыт. те тухса каларĕç.

Пленум районти парторганизаци ĕçĕнчи пысăк çитменлĕхсене уçса палăртрĕ. Тухса калаканисенчен çакă курăнчĕ: райком районти хуçалăхпа культура строительствине, ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçе начар ертсе пырать.

Пленумра уйрăмах партин организацилле тата идеологилле ĕçĕсене вăйлатас ыйтăва çивĕччĕн хускатрĕç. В. И. Ленин туса хатĕрленĕ большевикла руководствăн принципĕсене пăснă тĕслĕхсем районти парторганизацире сахал мар. Парти райкомĕ КПСС Уставĕ хушнисене пăсать, парти дисциплинине çирĕплетессишĕн, критикăпа самокритикăна çивĕчлетессишĕн çителĕксĕр кĕрешет.

Парти пропагандине туса пырас ĕçре те çитменлĕхсемпе йăнăшсем нур. Коммунистсем марксистла-ленинла теорие вĕренес ĕçре начĕтничествăпа догматизма пĕтермен. Агитацилле-массăлла ĕçе чылай çĕрте ячĕшĕн кăна, черетлĕ задачăсемпе çыхăнтармасăр туса пыраççĕ.

Активпа пĕрле иртернĕ райком пленумĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пĕтĕмпех ырларĕ тата ăна пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе татăклă мерăсем палăртрĕ.

### ЕТĔРНЕ

КПСС Етĕрне райкомĕн парти активĕпе пĕрле иртернĕ пленумĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн ĕçĕсем çинчен парти райкомĕн секретарĕ Т. Павлова юлташ доклад туса пачĕ, пленум участникĕсене КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановленипе паллаштарчĕ.

Пленумра пулнисем доклада пысăк тимлĕхпе итлерĕç. Доклад хыççăн 15 çын тухса каларĕ. Тухса калакансем империалистла авантюрист Берия тунă тискер ĕçсене ылханса сивлерĕç, районти ĕççыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçнине палăртрĕç.

Тухса калакан юлташсем партипе совет халăхĕн пĕрлĕхĕ нихçанхинчен те ытларах çирĕпленни çинчен калаççĕ. Рабочисемпе колхозниксем тата служащисем партипе халăхăн усал тăшманне Берияна çав тери тарăхса питлеççĕ, революцилле сыхăлăха ытларах ÿстерме сăмах параççĕ. Империалистсене сутăннă Берия Совет Союзĕнчи халăхсен туслăхĕ çине—нумай нацилле социализмла государство никĕсĕсен никĕсĕ çине, чи таса ĕç çине алă хума пăхни пурне те хытă тарăхтарать.

Сĕнтĕрти çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ Соловьев юлташ хĕрÿллĕ сăмах каларĕ. Вăл усал тăшманăн ирсĕр ĕçне чарса лартма вăхăтра татăклă мерăсем йышăннăшăн партин Центральнăй Комитетне чĕререн тав тăвать, пленум участникĕсене революцилле сыхăлăха ÿстерме, партипе правительство тавра тачăрах пĕтĕçме чĕнет.

«Родина» колхоз председателĕ Петров юлташ колхозниксен, мĕнпур ялхуçалăх ĕçченĕсен шухăш-кăмăлне палăртать.

— Руководствăна шăвăнса кĕнĕ тăшман—халăх тăшманĕ, сутăнчăк Берия пирĕн социализмла ялхуçалăхĕ хăватлăн аталанса пырассине чарма, телейлĕ пурнăça туртса илме хăтланнă. Колхоз стройне никам та çĕнтереймĕ! Эпир коммунизм строительствинче пиçĕхсе, тĕрекленсе пыратпăр. Пирĕн пĕрлĕх, пысăк хастарлăх—никам çĕнтерейми хăват. Пирĕн хăвата тĕнчере нимĕнле вăй та çĕнтерейместь!

Етĕрнери спирт заводĕнчен пынă представитель Черногубов юлташ сăмах каланине те пленум участникĕсем тимлĕн итлерĕç, парти туса хатĕрленĕ политикăна пурнăçлассишĕн кĕрешме ытларах вăй хума пулчĕç.

Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановление ырласа, районти парторганизаци ĕçне лайăхлатмалли майсене кăтартса решени йышăнчĕ.

### КÿКЕÇ

КПСС Шупашкар райкомĕн районти партактивпа пĕрле пухăннă пленумĕ КПСС Центральнăй Комитет Пленумĕн итогĕсем çинчен сÿтсе явре. Ку ыйтупа парти райкомĕн секретарĕ Зайцев юлташ доклад турĕ.

Пленумра пулнисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановление, халăх тăшманĕн, буржуалла перерожденец Берийн тискерле ĕçĕсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе Центральнăй Комитет вăхăтра тата татăклă мерăсем йышăннине пурте пĕр шухăшлă пулса ырларĕç.

Доклад тăрăх 13 çын тухса каларĕ.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе,—тет районти прокурор Быстричкин юлташ, — пирĕн совет халăхĕ сахал мар тăшмансене çапса аркатнă. Совет халăхĕ хăйĕн телейлĕхĕпе никама пăхăнманлăхне нихçан та алăран ямĕ. Пирĕн хамăр сыхăлăха тата та ÿстерсе пырас пулать.

«Красный флот» колхозри парторганизаци секретарĕ Гаврилов юлташ колхоз хресченĕсен патриотла шухăш-кăмăлне палăртать. Пирĕн колхозниксем, тет вăл, Берийн ирсĕр ĕçĕсем çинчен пĕлсен питĕ тарăхрĕç, парти тата халăх тăшманĕн тискер ĕçĕсене пĕтерсе лартма вăхăтра тата татăклă мерăсем йышăннăшăн партин Центральнăй Комитетне чун-чĕререн тав тăваççĕ.

Район больницинчи главнăй врач Васильев юлташ сăмах илет.

— Совет медицина работникĕсем,—тет вăл,—берилле сутăнчăксен ирсĕр ĕçĕсене пĕтĕм чĕререн сивлеççĕ. Империалистсене сутăннă карьерист Берия пирĕн халăх влаçне тытса илме ĕмĕтленнĕ. Совет халăхĕ хăйĕн никама пăхăнманлăхне чыслăн упрать. Эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ тавра ытларах пĕтĕçĕпĕр, Тăван çĕршыв вăй-хăватне ÿстерессишĕн ырми-канми ĕçлĕпĕр.

Пленум пĕр шухăшлă пулса КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление ырласа решени йышăнчĕ.

## ĔÇÇЫННИСЕН ПУХĂВĔСЕНЧЕ

### Коммунистсен партине тав тăваççĕ

Шупашкарти Водопьянов ячĕпе тăракан тир-сăран комбиначĕн коллективĕ, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, партипе государствăн усал тăшманне Берияна ылханса питлет. Кунта рабочисемпе служащисен, инженерсемпе техниксен пухăвĕ пулса иртрĕ.

— Ют çĕршывсенчи капитал тарçи, хура чунлă Берия влаçа хăй аллине илсе пирĕн çĕршыва капиталистсене тавăрма ĕмĕтленнĕ,—тесе каларĕ Кудрявцев раскройщик.—Ĕç тухмарĕ! Халăх тăшманĕсем валли пирĕн юратнă çĕршывра нихçан та выран пулас çук! Ирсĕр тăшмана вăхăтра тăрă шыв çине кăларнăшăн эпир Коммунистсен партипе Совет правительствине чĕререн тав тăватпăр.

Комбинатри комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксен патриотла шухăшĕсене ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Буравцов юлташ каласа пачĕ.

— Эпир, çамрăксем, сутăнчăк Берияна—капиталистсен тарçине пĕтĕм хаярлăхпа сивлетпĕр. Хамăрăн кулленхи ĕçри çитĕнÿсемпе аслă Тăван çĕршывăн экономикăпа оборона хăватне малалла тĕреклетсе пырăпăр, политикăлла сисĕмлĕхе темиçе хут ÿстерĕпĕр.

Иуда Берияна çамрăк стахановка Васильева юлташ та хытă питлерĕ. Хăйĕн сăмахне вăл çапла вĕçлерĕ:

— Совет çыннисене Коммунистсен партийĕ, парти çулпуçĕпе учителĕ В. И. Ленин тата унăн çывăх соратникĕпе ученикĕ И. В. Сталин воспитани парса çитĕнтернĕ. Пире коммунизм строительстви çулĕ çинчен пăрса яма пултаракан вăй тĕнчере çук! Пурнăç тулăх та илемлĕ. Ăна татах та илемлĕрех тăвассишĕн эпир хамăр вăйсене хĕрхенмĕпĕр, пĕтĕм пултарулăхпа ĕçлĕпĕр.

Комбинат коллективĕн пухăвĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă постановленисене пĕр кăмăллă пулса ырларĕ.

### Çирĕп утăмпа малалла

НАЛЬЧИК, июлĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Кабардин АССР-ĕнчи хуласемпе ялсенче пухусем пулса иртеççĕ. Пухусенче ĕççыннисем халăхăн хаяр тăшманне, Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн интересĕсене сутнă Берияна ылханса питлеççĕ.

Мало-Кабардин МТС коллективĕн пухăвĕнче Фашмухов тимĕрçĕ çапла каланă:

— Эпир КПСС Центральнăй Комитетне чĕререн тав тăватпăр, вăл кирлĕ ĕççене вăхăтра туса пĕтĕм тĕнчери капитал агентне Берияна тăрă шыв çине кăларчĕ.

Чугун çулăн Прохладнăй деповĕнчи машинист Малышев пухура çапла каланă:

— Эпир çирĕп утăмпа коммунизм патне малалла пыратпăр. Кам та кам пире çак çул çинчен пăрса яма хăтланать, ăна çул çинчен сирсе пăрахатпăр. Эпир сыхă пулăпăр, хамăрăн пĕтĕм вăй-хăвата юратнă Тăван çĕршыв тĕрекне ÿстерме парăпăр.

Пухусенче пурте пĕр шухăшлă пулса йышăннă резолюцисенче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решение ырлаççĕ.

### Электроаппаратурщиксен витĕмлĕ сăмахĕ

Шупашкарти электроаппаратура заводĕнчи рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем партипе халăх тăшманне Берияна ылханса питлеççĕ, империализм агенчĕн тискер ĕçĕсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе партин Центральнăй Комитечĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ йышăннă мерăсене пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлаççĕ.

Пĕрремĕш сменăри рабочисемпе служащисен, инженерсемпе техниксен пухăвĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ йышăннă постановленисем çинчен партин хула комитечĕн секретарĕ Никитин юлташ каласа пачĕ.

Кун хыççăн чылай рабочисем хăйсен шухăш-кăмăлне каласа пачĕç. Трибуна умĕнче—виççĕмĕш сборочнăй цехри аслă мастер Точилин юлташ. Вăл çапла калать:

— Партие тата государствăна хирĕçле ирсĕр ĕç туса, халăх тăшманĕ Берия нумай нацилле Совет государствин тĕп никĕсне—халăхсен туслăхне аркатма хăтланнă. Партин Центральнăй Комитечĕ Берийн сĕмсĕр ĕçĕсене çапса аркатрĕ. Пирĕн Тăван çĕршыв тăшманĕсене çакна асра тытсан кансĕрлеместчĕ: вĕсене пурне те Берия шăпиех кĕтет!

Стахановец-инструментальщик Литвинский юлташ каланă сăмахсене те рабочисем тимлĕн итлеççĕ. Берийн тăшманла ĕçĕсене пĕтерсе лартма вăхăтра татăклă мерăсем йышăннăшăн Литвинский юлташ партин Центральнăй Комитетне хĕрÿллĕн тав тăвать.

Буржуази енне куçнă, империализм агенчĕ пулса тăнă тата сыв сăн-сăпатне çухатнă Берияна заводри главнăй инженерăн ĕçĕсене тăвакан Кулыгин юлташ питĕ витĕмлĕн питлет.

— Капитала сутăннă Берия Совет Союзĕн хăватлă тĕрекĕсене—халăхсен туслăхне хавшатасшăн пулнă, партин мирлĕ политикине аркатса, çĕршыва капитализм çулĕ çине пăрса яма хăтланнă. Тăшмансене касару çук! Авантюрист Берияна ССР Союзĕн Верховнăй Сучĕ совет законĕн пĕтĕм çирĕплĕхĕпе айăпласа ответ тыттарĕ.

Пухура главнăй механик пайĕнчи токарь-стахановец Ильин, иккĕмĕш сборочнăй цехри экономист Дмитриева, главнăй конструктор пайĕн инженерĕ Кобленц, заводри чи лайăх газосварщик Кузнецов, пĕрремĕш изоляционнăй цехри слесарь Треньков, завод лабораторийĕсен инженерĕ Александрова тата ытти юлташсем те тухса каларĕç. Вĕсем империализм агентне, халăх тăшманне—Берияна чĕререн курайманни, ылханни çинчен каларĕç. Завод коллективĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине çапла шантарса калать: революциллĕ сыхăлăха пĕрмай ÿстерсе пырăпăр, ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарса пырăпăр.

Пухура пулнисем резолюци йышăнчĕç, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решение пĕр кăмăллă пулса ырларĕç.

### Колхоз стройне нимĕнле тăшман та хавшатаймĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ, июлĕн 14-мĕшĕ. (Телефонпа). «Сталинец» ялхуçалăх артелĕн членĕсем телейлĕ те культурăллă пурăнаççĕ. Артелĕн тырпул тухăçлăхĕ, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн продуктивлăхĕ çулсерен ÿссе пырать. Кăçал уй-хирте вăйлă тырпул çитĕнет, гектартан çĕр пăтран кая мар тухасса шантарать. Çакăн пек телейлĕ те савăнăçлă пурнăçа пире Коммунистсен партийĕ туса пачĕ, теççĕ колхозниксем.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕн постановленийĕ çинчен радиопа пĕлтерсенех колхозри агитаторсем уй-хир бригадисенче каласусем иртерчĕç. Вĕсем колхозниксене Совет государствине сиенлес тĕлĕшпе Берия партие тата государствăна хирĕç преступникла ĕçсем туни çинчен каласа ăнлантарчĕç. Çакăн çинчен пĕлсен, колхозниксем питĕ хытă тарăхса çилленчĕç.

Колхоз председателĕ Е. Лукин юлташ колхозниксен пухăвĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени çинчен каласа пачĕ. Колхозниксем пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса çак постановление ырларĕç.

И. Антонова колхозница сăмах илет. Вăл çапла калать:

— Манăн упăшка Аслă Отечественнăй вăрçăра фашистсене хирĕç çапăçса вилчĕ. Фашистсем колхоз стройне пĕтерсе лартса капитал пуç пулса тăмалла тăвасшăнччĕ. Анчах вĕсен ĕç тухмарĕ. Берия сутăнчăк та çавнах ĕмĕтленнĕ. Нимĕнле тăшман та нихçан та колхоз стройне аркатма пултараймĕ. Колхоз стройĕ çирĕпленнĕçемĕн çирĕпленсе пырать. Эпир, колхоз ĕçченĕсем, малалла та хамăрăн Тăван çĕршыва, колхоз стройне, вĕсен вăй-хăватне ÿстерессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлĕпĕр.

Колхозниксем пурте хăйсен сыхăлăхне вăйлатма, коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн вăя хĕрхенмесĕр ĕçлеме, вăйлă тырпулшăн тата йышлă та продуктивлă выльăх-чĕрлĕхшĕн пыракан социализмла ăмăртăва анлăн сарма пулчĕç.

Уй-хир ĕçченĕсем панă сăмаха пурнăçласа пыраççĕ. Паянхи куна 229 гектар çинчи утăна тата акнă курăксене планпа палăртнинчен пĕр кун малтан пуçтарса кĕртрĕç. Силос хывас ĕç те хĕрÿллĕн пырать. Прокопьевпа Ильин механизаторсен курăксем çулакан агрегачĕ тухăçлă ĕçлет. Вĕсем çулнă силос массине колхозниксем 21 лавпа турттарса тăраççĕ. Икĕ кун хушшинче 100 тонна силос хыврĕç. Вĕсем тырă вырма тухиччен силос хатĕрлемелли плана пĕтĕмĕшпех тултарассишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

Колхоз тырпул пухса кĕме хатĕр. Пур уй-хир бригадисен те жнейкăсемпе молотилкăсем юсавлă, итемсемпе транспорт инвентарĕсем хатĕр. Тăватă автомашинăран тата 20 лавран транспорт бригади организациленĕ.

Н. ОРЛОВ.
(Хамăр корр.).

# Революцилле сыхăлăха вăйлатар!

Çак кунсенче çĕршывра пур çĕрте те парти комитечĕсен активпа пĕрле пухăннă пленумĕсем, партин пуçламăш организацийĕсен пухăвĕсем, çавăн пекех рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин пĕрлехи пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Парти комитечĕсен пленумĕсемпе ĕççыннисен пухăвĕсенче Берийн партие хирĕçле тата государствăна хирĕçле преступникла ĕçĕсем çинчен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă постановление сÿтсе яваççĕ. Коммунистсем тата пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем пĕтĕм тĕнчери империализмăн тарçине тарăхса, ылханса питлеççĕ тата хăйсем партипе Совет правительствин политикине пĕтĕмĕшпех тата чунтан-чĕререн ырлани çинчен пĕлтереççĕ.

Ку ыйтăва парти организацийĕсенче тата ĕççыннисен пĕрлехи пухăвĕсенче сÿтсе явни çакна уççăн кăтартса парать: парти тата пĕтĕм совет халăхĕ Берия ĕçĕнчен политикăлла урoксем, коммунизм тăвас тĕлĕшпе малашнехи ĕçре кирлĕ тивĕçлĕ выводсем тăваççĕ.

Чи кирлĕ выводсенчен пĕри вăл çакă пулать: партипе совет организацийĕсен пĕтĕм ĕçĕнче, коммунизм строительствин кирек мĕнле участокĕнче те, кирек мĕнле лару-тăрура та коммунистсен тата мĕнпур ĕççыннисен революцилле сыхăлăхне ÿстерелле.

Капитализмла йĕритавралăх пулни те совет çыннисене сыхăлăха пĕрмай вăйлатса пыма хушать. Эпир малалла йăнăçларах пынăçемĕн пĕтĕм тĕнчери реакци тата ытларах ирсĕрленет. Вăл ССР Союзĕнчи çĕнтерÿллĕ коммунизм строительствине чăрмантарас тĕлĕшпе тăвакан хăйĕн ĕçĕсене вăйлататъ, темĕнле майсемпе те усă курать. Совет государствин пĕтĕм историйĕ çавăн çинчен калать, ку чухнехи тĕнчери пĕтĕм лару-тăру та çавăн çинчен калать. Тĕнчери хальхи лару-тăру çакăнпа паллă пулса тăрать: пĕр енчен, мирпе демократи тата социализм вăйĕсем пĕрмаях малалла вăйланса пыраççĕ, тепĕр енчен, империализмла лагерь вăйĕсем хавшаса пыраççĕ.

Никам аркатайми хăватлă та творчествăлла пысăк вăйлă пирĕн Советлă Тăван çĕршыв коммунизм çулĕпе шанчăклăн малалла пырать. Халăх демократи çĕршывĕсем социализм строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнÿсем тăваççĕ. Совет правительствин мир ĕçĕнчи çĕнĕ пуçарăвĕ Совет Союзĕн пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăвне çирĕплетрĕ, пирĕн çĕршывăн авторитетне ÿстерчĕ, мире сыхласа хăварассишĕн тата çирĕплетессишĕн пĕтĕм тĕнчипе пыракан юхăма чыдаях вăйлатрĕ. Колонисенче тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăм ытларах вăйланнăçемĕн вăйланать.

Çак фактсем пурте империалистсене хăратаççĕ, империализмла реакциллĕ вăйсем хăйсен ĕçне уйрăмах вăйлатаççĕ. Мирпе демократи тата социализм лагерĕн ÿссе пыракан хăватне, пуринчен ытла, çав лагерĕн ертсе пыракан вăйĕ пулса тăракан Совет Союзĕн хăватне хавшатас тесе, вĕсем кĕрешĕвĕн чи ирсĕр те çивĕч меслечĕсемпе усă курма хăтланаççĕ. Капитализмла государствăсем питĕ васкаса хĕçпăшалланаççĕ, вăрçă авантюрисем тăваççĕ, ССР Союзĕ çине хĕсессине вăйлатма хăтланаççĕ, демократиллĕ лагерьти çĕршывсенче тĕрлĕ провокацисемпе диверсисем тăваççĕ, çав провокацисем валли—уççăн та, ытларах вăрттăн—темиçе çĕршер миллион доллар расходлаççĕ.

Мирпе демократи тата социализм тăшманĕсем валли пирĕн çĕршывра мĕн чухлĕ те пулин массăлла социаллă никĕс çук, пулма та пултараймасть. Çав тăшмансем пирĕн çĕршыва урăх çĕршывсенчен яракан шпионсемпе диверсантсем çине, парти политикинчен уйрăлса кайнă çынсем çине, политикăпа мораль тĕлĕшĕнчен пăсăлса пĕтнĕ тĕрлĕ элементсем çине кăна шанăç хураççĕ.

Çакă вăл пуриншĕн те ăнланмалла, вăл çавăн пек пуласси те паллă ĕнтĕ. Капитализмла йĕритавралăх пур, вăл хăйĕн ĕçне питех те активлăн туса пырать, хăйĕн агенчĕсене пирĕн хушăмăра ярать, Тăван çĕршывăн интересĕсене сутма тата совет обществине хавшатас тĕлĕшпе империалистсен заданийĕсене пурнăçлама хатĕр çынсене пĕрмаях шырать. Çак факта шута илменни вăл марксизм-ленинизм никĕсĕсене манни пулнă пулĕччĕ.

Магнитогорскри Сталин ячĕпе тăракан металлурги комбинатĕнчи домнăсен цехĕнчи рабочисемпе служащисен пухăвĕнче 2-мĕш номерлĕ кăмакан мастерĕ Овсянников юлташ çапла каланă:

— Парти пире капитализмла йĕритавралăх çинчен нихçан та манмалла мар тата сыхă пулмалла тесе вĕрентет. Мирпе демократи тата социализм лагерĕн хăвачĕ пĕрмай ÿссе пынинчен хăраса, империализмла çăткăнсем чи ирсĕр меслетсемпе усă курма пăхаççĕ. Пирĕн çавна асра тытас пулать: вĕсем совет халăхĕ вăй хунине пĕтерсе лартма, ăна малалла, коммунизм патне пыма чăрмантарма хăтланаççĕ. Империалистсен агенчĕ, партипе халăхăн киревсĕр тăшманĕ авантюрист Берия империалистсем хушнипе мĕн тăвасшăн пулнă-ха? Вăл партие тата çĕршыва ертсе пырассине хăй аллине тытса илме шутланă. Мĕн тума-ха? Пирĕн Коммунистсен партине аркатма, совет çĕршывĕнче ĕлĕкхи пек ылханлă капитализмла йĕрке тума. Çак урок çинчен, юлташсем, асра тытăпăр, нихçанхинчен те сыхă пулăпăр. Вара эпир пĕтĕм тĕнчери империализмăн агенчĕсене те, вĕсем темĕнле чеен пытансан та, тăрă шыв çине кăларăпăр тата сиенсĕрлетĕпĕр.

Пирĕн парти совет обществин ертсе пыракан вăйĕ пулса тăрать. Партин руководстви—совет стройĕн тĕреклĕхĕн тĕп условийĕ. Пирĕн çĕршыври мĕнпур ĕççыннисем партие вĕçĕ-хĕррисĕр шанса тăраççĕ тата юратаççĕ, хисеплеççĕ. Партин нумай çулсем хушшинче туса хатĕрленĕ политикине халăх хăйĕн пурнăçĕн тĕп интересĕсене тивĕçтерекен политика вырăнне хурса йышăнать, çав политикăна пурнăçлама вăя та ĕçе те шеллемест. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ çакăн пек монополилле вырăн йышăнса тăнин хăйĕн тĕксĕм енĕсем те пур. Эпир çакна час-часах манатпăр: коммунистсем евĕрлĕ пулса, тăшмансем карьерăшăн, хăйсен тăшманла тĕллевĕсемшĕн, империализмла державăсемпе вĕсен разведкисен заданийĕсем тăрăх сăтăрла ĕçсем тума партин речĕсене кĕме хăтланнă, малашне те хăтланĕç.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ тăрă шыв çине кăларнă Берия ĕçĕ, пĕтĕм тĕнчери империализмăн агенчĕ ĕçĕ, шăпах çавăн çинчен калать ĕнтĕ. Коммунист сăн-сăпатне çухатса, буржуалла перерожденец пулса тăрса, Берия пирĕн Коммунистсен партине аркатса тăкас, партин нумай çулсем хушшинче туса хатĕрленĕ политикине капитулянтла политикăпа, юлашки шутран, капитализм каялла таврăнасси патне илсе пыракан политикăпа улăштарас тĕллевпе, ют çĕршывсенчи капитал интересĕсемшĕн партие тата государствăна ертсе пырассине хăй аллине тытса илме ĕмĕтленсе пурăннă. Вăл ирсĕр ĕçсене ĕлĕкрех тапранăн пытарса пурăннă пулсан, Совет государствин тăшманĕсем пирĕн çĕршывăн тулашĕнче Совет Союзне хирĕç тăвакан аркатуллă ĕçсене вăйлатнă вăхăтра Берия иртĕхсе кайрĕ.

Совет Союзне хирĕç тăвакан тăшманла ĕçĕн пĕр вĕçĕ ССР Союзĕнче пулсан, тепĕр вĕçĕ вара обязательно пирĕн таврари капитализмла государствăсен çĕрĕ çине каять. Берияна тăрă шыв çине кăларни çавна çĕнĕрен те çĕнĕрен çирĕплетсе парать. Кунтан çакăн пек вывод тумалла: капитализмла йĕритавралăха хирĕç хамăрăн çивĕч хĕçпăшала яланах çирĕп тытмалла, пирĕн революцилле сыхăлăха пĕрмаях ырми-канми ÿстерсе пымалла.

Революцилле сыхăлăха пĕрмай вăйлатса пырас, хамăрăн ретсенче тимсĕрлĕхе тата сăвар карса ларнине пĕтерес задача партилле пĕтĕм ĕçе татăклăн лайăхлатма хушать. Сăмах кунта парти туса хатĕрленĕ парти руководствин принципĕсене тата парти пурнăçĕн йĕркисене, чи малтанах коллективлăн ертсе пымалли принципа тĕрĕс пурнăçласси çинчен пырать. Парти организацийĕн мĕнпур организацисемпе ведомствăсен ĕçне тĕтĕшах çирĕп тĕрĕслесе тăмалла. Кадрсене суйласа илес ĕç çине деляческăлла пăхнине яланлăхах пĕтермелле, работниксене вĕсен политикăлла тата ĕçри пахалăхĕ тăрăх суйласа илмелли партилле принципа çирĕп пурнăçламалла.

Партипе массăсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетсе тата анлăлатса пыни, ĕççыннисен ыйтăвĕсем çине тимлĕн пăхни, рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин—мĕнпур совет çыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшни уйрăмах питĕ кирлĕ. Самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна тата анлăрах, хăюлăрах сарса пырас пулать. Ĕçе çакăн пек йĕркелемелле: ĕççыннисен анлă массисем çитменлĕхсемпе йĕркесĕрлĕхсене тупса вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса паччăр.

Коммунистсене тата мĕнпур ĕççыннисене революцилле сыхă пулма воспитани парасси—вăхăтлăха пыракан задача мар, пĕтĕм партин, мĕнпур парторганизацисен кулленхи ĕçĕ. Çак факт çинчен манма юрамасть: пирĕн çĕршывра эксплуататорсен класĕсене пĕтернĕ пулин те, çынсен ăс-тăнĕнче капитализм юлашкисем пĕтмен-ха. Апла пулин те партилле пропагандăра тата массăсем хушшинчи политикăпа воспитани ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Çав çитменлĕхсене пĕтермелле, çакăн пек тумалла: пирĕн пропаганда, массăсем хушшинчи политикăлла пирĕн ĕç коммунистсене тата пĕтĕм халăха коммунизм ĕçĕ никам çĕнтерейми ĕç пулса тăнине шанса тăма, партие, социализмла Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн парăнса тăма воспитани патăр. Задача çавăн пек ĕнтĕ.

Революцилле сыхăлăх — мĕнпур тăшмансене хирĕç тăмалли хĕçпăшал. Çав хĕçпăшала яланах çивĕч, кĕрешме яланах хатĕр тытар. Ун чухне вара тăшмансен темĕнле вăрттăн усал ĕçĕсем те путланса ларĕç.

Коммунистсемпе мĕнпур ĕççыннисен революцилле сыхăлăхне вăйлатар!

(«ПРАВДА» хаçатăн июлĕн 15-мĕшĕнчи умтатьи).

### СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ

# Ялхуҫалӑх комиссийӗн паянхи ӗҫӗсем

Чурачӑк районӗнчи Шуркасси ял Советне виҫӗ пысӑк колхоз—Ворошилов ячӗпе тӑракан, «Большевик» тата Сталин ячӗпе тӑракан колхозсем кӗреҫҫӗ. Вӗсенчен икӗ колхозӗ—«Большевик» тата Сталин ячӗпе тӑракан колхозсем—иртнӗ ҫулсенче пӗрлешсе пысӑкланнӑ артельсем. Хальхи вӑхӑтра колхозсенче выльӑх апачӗлӗх акнӑ курӑксемпе ҫаран утисене ҫулаҫҫӗ, силос хываҫҫӗ, тырпула уй-хиртен пуҫтарса кӗртме хатӗрленеҫҫӗ, ҫав вӑхӑтрах выльӑх-чӗрлӗх витисене хӗле хатӗрлеҫҫӗ тата ытти ҫуллахи ӗҫсене тӑваҫҫӗ.

Мӗнпур ялхуҫалӑх ӗҫӗсене вӑхӑтра тата лайӑх пахалӑхпа туса пырас ӗҫре ял Совечӗ колхозсене кулленех тивӗҫлӗ кӑтартусемпе пулӑшусем парать. Ку тӗлӗшпе уйрӑмах ял Совечӗн яланхи ялхуҫалӑх комиссийӗ тӑрӑшса ӗҫлет.

Нумаях пулмасть кунта ял Совечӗн черетлӗ сессийӗ пулса иртнӗ. Унта ял Советӗнчи колхозсенче калчасене пӑхса ӳстерес, тырпул пухса кӗме тата государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем пама хатӗрленес ӗҫ мӗнле пулса пынине сӳтсе явнӑ. Сесси пулас умӗн чылай малтан ял Совет председателӗ С. Кириллов юлташ ятарласах ялхуҫалӑх комиссийӗн председателӗпе С. Андреев юлташпа калаҫнӑ. Вӑл ӑна КПСС Чӑваш обкомӗн V-мӗш пленумӗ калчасене пӑхса ӳстерес, тырпул пухса кӗме тата государствӑна ялхуҫалӑх продукчӗсем пама хатӗрленес тӗлӗшпе йышӑннӑ постановление тата ял Советӗнчи колхозсем умӗнче тӑракан задачӑсем ҫинчен ял Совет сессийӗнче сӳтсе явма кирлине, ҫак ӗҫре яланхи ялхуҫалӑх комисси членӗсем пысӑк пулӑшу парасса шанса тӑни ҫинчен каланӑ.

Яланхи комиссисем Советсен массӑллӑ органӗсем пулса тӑраҫҫӗ. Ҫавӑнпа вӗсен ӗҫне тӗрӗс организацилесен, вӗсем Советсене ӗҫре пысӑк пулӑшу параҫҫӗ. Ӗҫе лайӑх йӗркелесен, комиссисен ӗҫне йышлӑ актив хутшӑнать, ҫав актив урлӑ вара Советсен ӗҫсынни массисемпе тытакан ҫыхӑну та пӗрмаях ҫирӗпленсе пырать. Ҫакна шута илсе ӗнтӗ С. Андреев юлташ председательпе калаҫнӑ хыҫҫӑнах комисси членӗсене пухса лару ирттернӗ. Унта сессире пӑхса тухмалли ыйту тӑрӑх ӗҫсем кашни колхозра мӗнле пулса пынине тӗрӗслеме тытӑннӑ.

Ял Совечӗн ялхуҫалӑх комиссийӗнче кашни колхозранах членсем пур. Вӗсем пурте тенӗ пекех ответлӑ ӗҫсене туса параҫҫӗ. Комисси председателӗ С. Андреев—«Большевик» колхоз председателӗн заместителӗ, И. Павлов—Сталин ячӗпе тӑракан колхозри 4-мӗш уй-хир бригадин бригадирӗ, Д. Тарасова—Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозри фермӑсен заведующийӗ, Д. Дмитриев—«Большевик» колхоз председателӗ. Комиссин тепӗр членӗ П. Александров Сталин ячӗпе тӑракан колхозра рядовой колхозник пулса ӗҫлет. Комисси членӗсем кашни колхозранах пулни ӗҫе яланах лайӑх туса пыма, ӗҫсыннисемпе тачӑ ҫыхӑну тытма пулӑшать. Комисси членӗсем ял Совечӗн сессийӗнче сӳтсе явма палӑртнӑ ыйту тӑрӑх ӗҫсем вырӑнта мӗнле пулса пынине тӗрӗслеҫҫӗ, ун хыҫҫӑн хӑйсен шухӑшӗсене сессире каласа параҫҫӗ.

Июнӗн 18-мӗшӗнче ял Совечӗн сессийӗ пулса иртнӗ. Унта депутатсем ҫеҫ мар, коммунистсемпе комсомолецсем, колхоз председателӗсемпе бригадирсем, ферма работникӗсем, агрономсемпе зоотехниксем, учительсем тата ытти активистсем те йышлӑн пухӑннӑ. Ялхуҫалӑх комиссийӗн членӗсем сессире хӑйсем тӗрӗсленӗ ӗҫсем ҫинчен тӗплӗн каласа панӑ, паха сӗнӳсем тӑратнӑ. И. Павлов юлташ, сӑмахран, Сталин ячӗпе тӑракан колхозра ялхуҫалӑх машинисене юсама тытӑнманни ҫинчен, С. Андреев юлташ Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра калчасене ҫумкурӑксенчен тасатас ӗҫ ҫителӗксӗр пулса пыни ҫинчен, вулав ҫурчӗн заведующийӗ М. Николаев юлташ кашни колхозрах агитациллӗ-массӑлла тата культурӑлла-массӑлла ӗҫе вӑйлатма кирли ҫинчен каланӑ.

Ял Совечӗн сессине ирттерме хатӗрленес ӗҫе комисси членӗсене активлӑн хутшӑнтарни сессие лайӑх, критикӑпа самокритикӑна, уйрӑмах аялтан килекен критикӑна, анлӑн сарса ирттерме пулӑшнӑ. Сессире 12 ҫын тухса каланӑ. Сесси сӳтсе явнӑ ыйту тӑрӑх тивӗҫлӗ решени йышӑннӑ.

Анчах ялхуҫалӑх комиссийӗн членӗсем ҫакӑнпа ҫеҫ лӑпланса ларман. Вӗсем сессире йышӑннӑ решение пурнӑҫлассишӗн ҫине тӑрса ӗҫлеҫҫӗ, решение кашни колхозрах мӗнле пурнӑҫласа пынине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑраҫҫӗ. Тӗрӗслев материалӗсене ларусенче, канашлусенче сӳтсе яваҫҫӗ, сесси йышӑннӑ решение пурнӑҫлас ӗҫе хӑйсем те активлӑ хутшӑнаҫҫӗ.

Ялхуҫалӑх комиссийӗн членӗсем Д. Дмитриевпа С. Андреев юлташсем куллен пуҫарса тата ертсе пынипе «Большевик» колхоз уй-хирӗнчи тырпулсене пуҫтарса кӗртме июлӗн малтанхи кунӗсем тӗлне пӗтӗмӗшпех хатӗрленсе ҫитрӗ. Ку енӗпе колхозра ятарласах ӗҫ планӗ туса хатӗрленӗ, ӑна колхозниксен ҫӗрлехи пухӑвӗнче сӳтсе явса ҫирӗплетнӗ. Халӗ колхоз членӗсем тырӑ вырнӑ вӑхӑтра хӑйсем ӑҫта, мӗнле ӗҫсем тумаллине лайӑх пӗлсе тӑраҫҫӗ. Вӗсем кӑҫал кашни гектартан 16 центнертан кая мар тырпул туса илме обязательство илнӗ. Колхозниксемпе механизаторсем тӑрӑшса ӗҫленине пула, уй-хирте вӑйлӑ тырпул ҫитӗнет. Ӑна вӑхӑтра тата пӗр тӑккаламасӑр пухса кӗртсен, кашни гектартан 16—18 центнер тырӑ тухасси халех паллӑ. Ҫакӑншӑн кӗрешеҫҫӗ те ӗнтӗ хальхи вӑхӑтра артель членӗсем. Вӗсем колхозри 5 жнейкӑна, 3 молотилкӑна, 3 веялкӑна тата урапасемпе лаша кӳлмелли хатӗрсене пурне те юсаса ҫитернӗ. Итемсене тасатнӑ. Тырӑ турттарма ҫителӗклӗ таран михӗсем туяннӑ, амбарсене тасатса дезинфекциленӗ. Государствӑна тырӑ леҫме транспорт бригади организациленӗ. Бригадӑна пӗр автомашина тата 15 урапа ҫирӗплетсе панӑ.

Халӗ колхозра тырӑ вырма тухиччен хӗрсех утӑ ҫулса пуҫтараҫҫӗ, силос хываҫҫӗ. Паянхи куна 5 гектар ҫаран ути, 30 гектар ытла акнӑ курӑксене ҫулса капана хывса ҫитернӗ ӗнтӗ. Кӑҫал планпа пурӗ 200 тонна силос хывса хӑвармалла пулсан, паянхи куна 130 тонна хывнӑ. Силос хывма колхозра ятарласах полубашня тунӑ. Ялхуҫалӑх комиссийӗн членӗсем пуҫарнипе колхозри выльӑх-чӗрлӗх витисене те юсанӑ.

Утӑ ҫулса пуҫтарас тата силос хывас ӗҫ Сталин ячӗпе, Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозсенче те ӑнӑҫлӑ пулса пырать. Вӗсем тырӑ вырма тухиччен ҫак ӗҫсене пурне те туса пӗтереҫҫӗ. Ӗҫсем кашни колхозра мӗнле пулса пынине ял Советӗнчи Кӑтарту хӑми ҫинче тата вулав ҫуртӗнче тухакан «Ҫӗнтерӳ ялавӗ» стена хаҫатӗнче тӑтӑшах ҫутатса параҫҫӗ. Выльӑх апачӗ хатӗрлес тӗлӗшпе уйрӑмах Сталин ячӗпе тӑракан колхоз (председателӗ Ф. Семенов коммунист) ӑнӑҫлӑ ӗҫлет. Колхозра кӗске вӑхӑтрах 42 гектар ҫинчи акнӑ курӑксене ҫулса пуҫтарнӑ, 25 центнер ытла витаминлӑ тата ҫулҫӑллӑ апатсем типӗтсе хатӗрленӗ, 80 тонна силос хывнӑ. Колхозра кӑҫал 60 ӗне валли, 35 лаша валли тата 500 чӑх-чӗп хупмалӑх ҫӗнӗ витесем тӑваҫҫӗ.

Ял Советӗнчи колхозсем пурте пӗр-пӗринпе социализмла ӑмӑртса ӗҫлеҫҫӗ. Ҫак ӗҫе ял Совечӗн ялхуҫалӑх комиссийӗ те активлӑ хутшӑнать. Ӑмӑрту договорӗсене мӗнле пурнӑҫласа пынине ялхуҫалӑх комиссийӗн членӗсем тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑраҫҫӗ. Кӑҫал виҫӗ хут тӗрӗсленӗ.

Ялхуҫалӑх комиссийӗ йышлӑ активпа тачӑ ҫыхӑну тытса хӑйӗн организаторла рольне тӑтӑшах ӳстерет, партин XIX-мӗш съезчӗ ялхуҫалӑх ӗҫченӗсен умне лартнӑ пысӑк задачӑсене чыслӑ пурнӑҫлама колхозниксене хавхалантарать.

**С. СТЕПАНОВ.**

## Плана ирттерсе тултарнӑ

СОВЕТСКИ. Районти суту-илӳ организацийӗсем ӗҫсыннисен ыйтӑвӗсене тивӗҫтерессишӗн лайӑхрах ӗҫлеме пуҫларӗҫ. Райпотребсоюз ҫур ҫулхи тавар ҫаврӑнӑш планне 105,8 процент тултарчӗ.

Ӗҫсыннисем куллен кирлӗ таварсем нумай туянаҫҫӗ. Иртнӗ ҫултипе танлаштарсан, ӗҫсыннисене кӑҫалхи пӗррӗмӗш ҫур ҫулта районти суту-илӳ организацийӗсем 655 пин тенкӗлӗх нумайрах тавар сутнӑ. Пир-авӑр, ҫӑм пуставсем, атӑ-пушмак, сӗтел-пукан, культура таварӗсем нумай сутнӑ. Районта лавккасемпе магазинсен шучӗ те ӳснӗ.

Суту-илӳ работникӗсем ӗҫсыннисен ыйтӑвӗсене лайӑхрах тивӗҫтерессишӗн пӗр-пӗринпе ӑмӑртса ӗҫлеҫҫӗ. Ӑмӑртура Лапракассинчи лавкка малта пырать.

**Я. СИГАЕВ.**

## Ҫӗнӗ йышши продукци

Кӑҫалхи май уйӑхӗнче Шупашкарти пир-авӑр фабрики ҫӗнӗ япала—кантӑксене кармалли тюль тӗртсе кӑларма тытӑннӑ.

Фабрика коллективӗ ӗҫе хӑвӑрт хӑнӑхса ҫитнӗ. Май тата июнь уйӑхӗсенче ӗҫсыннисене 35 пин метра яхӑн илемлӗ материал панӑ.

Халиччен 26 станокпа ӗҫленӗ пулсан, малашне 40 станокпа тюль тӗртсе кӑларма палӑртнӑ.

## Апат-ҫимӗҫ комбинатӗнче

Кӗҫӗн Ҫавал шывӗ лӑпкӑн юхса выртать. Унӑн улӑхӗ ытарма ҫук капӑр чечексемпе, ешӗл ҫаранпа тавралӑха илем кӳрет. Улӑх ҫумӗнченех ҫамрӑк вӑрман пуҫланса каять. Юханшывӑн сулахай енче хӑмла ҫырли сачӗ кашласа ларать. Ун сывӑхӗнчех ретӗн-ретӗн тӗрлӗрен ҫуртсем вырнаҫнӑ. Кунта—Вӑрнарти апат-ҫимӗҫ комбиначӗ.

Комбинатра ӗҫлекенсем производство планне срокчен тултарассишӗн социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатса пыраҫҫӗ. Комбинат ҫур ҫулхи плана ирттерсе тултарнӑ, халӗ сентябрь уйӑхӗ шучӗпе продукци туса кӑларать. Ольга Николаева, Федосия Ластухина, Федор Корнилов, Василий Степанов, Татьяна Артемьева тата ыттисем те ӗҫ нормине куллен 150—200 процент тултарса пыраҫҫӗ. Комбинат продукци пахалӑхне юлашки вӑхӑтра чылай лайӑхлатрӗ. Ҫавна май тавар ҫаврӑнӑш планне ӑнӑҫлӑн тултарса пырать.

Ҫуллахи вӑхӑтра брага, квас, тутлӑ шывсем чылай туса кӑлараҫҫӗ.

Комбинат коллективӗ ҫулталӑкри производство планне ноябрӗн 7-мӗшӗ тӗлне тултарассишӗн кӗрешет.

**П. ТИХОНОВ.**

## Учительсен курсӗ

Шупашкарта учительсен пӗлӗвне ӳстерес тӗлӗшпе ӗҫлекен институт ҫумӗнче 5—7-мӗш классенче географи вӗрентекен учительсен курсӗ ӗҫленчӗ.

Курсра 53 учитель пулчӗ. Вӗсем марксизм-ленинизм теорийӗн ыйтӑвӗсем тӑрӑх, педагогика, географи тата географие вӗрентмелли методика ыйтӑвӗсемпе лекцисем итлерӗҫ.

Лекцисем вулас ӗҫе педагогика институтӗнчи, наукӑпа тӗпчев институчӗпе учительсен пӗлӗвне ӳстерес тӗлӗшпе ӗҫлекен институтри преподавательсем хутшӑнчӗҫ.

Учительсем хулари фабрикӑсемпе заводсенче экскурсире пулчӗҫ.

**А. СОТНИКОВ.**

## Ҫӗнӗ магазин

ЭЛӖК. Район центрӗ ҫулсеренех ҫӗнӗ ҫуртсемпе илемленсе пырать. Нумаях пулмасть кунта ҫӑкӑр сутмалли ҫӗнӗ магазин туса лартрӗҫ. Магазин ҫак кунсенче ӗҫлеме пуҫларӗ.

**И. ЯКОВЛЕВ.**

# Вӗренӳ ҫулне лайӑх кӗтсе илетпӗр

Иртнӗ вӗренӳ ҫулӗнче пирӗн шкулти учительсем вӗрентӳпе воспитани ӗҫӗнче чылай ҫитӗнӳсем турӗҫ. Шкулта вӗренӳре ӗлкӗрсе пыман ачасен йышӗ сахалланчӗ. Уйрӑмах математика, физика тата биологи вӗрентекен учительсем: М. Каринкин, Е. Уткина тата М. Мольков юлташсем шкул ачисене ҫирӗп пӗлӳ панине палӑртмалла. Вӗсем ачасене вӗренӗве практикӑлла ӗҫпе ҫыхӑнтарма хӑнӑхтараҫҫӗ.

Вӗрентӳ пахалӑхне лайӑхлатасси шкул вӗренӳ ҫулне мӗнле хатӗрленнинчен нумай килет. Ҫакна шута илсе, эпир кӑҫал ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулне хатӗрленес тӗлӗшпе март уйӑхӗнчех план туса хатӗрлерӗмӗр. Ҫак плана педагогика советӗнче ҫирӗплетнӗ. Вӗренӳ ҫулне хатӗрленес енӗпе шкул дирекцийӗ кӑна мар, мӗнпур учительсем тӑрӑшса ӗҫлеҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне ял Совечӗпе колхоз правленийӗсем те пысӑк пулӑшу параҫҫӗ.

Халӗ шкул ҫулне ҫитнӗ ачасене пурне те шута илнӗ. Ҫитес вӗренӳ ҫулӗнче пирӗн шкулта 357 ача вӗренмелле.

Хальхи вӑхӑтра шкула юсама тытӑннӑ. Парттӑсемпе доскасем ҫителӗклӗ. Тетрадьсемпе кӑрандашсем кирлӗ чухлӗ хатӗрленӗ. Шупашкарти Главснабпросӑн магазинӗнчен 1.200 тенкӗлӗх нагляднӑй пособисем кӳрсе килнӗ, 1.250 тенкӗлӗх тӗрлӗрен кӗнекесем туяннӑ. Шкул тата учительсем валли 351 кубометр вутӑ кирлӗ. Халӗ 260 кубометр вутӑ шкул умне турттарса килнӗ. Вутӑ хатӗрлесе турттарас ӗҫре шкул ачисен ашшӗ-амӑшӗсем нумай пулӑшаҫҫӗ.

Вӗренӳ ҫулне хатӗрленнӗ май, шкулта радиоузел вырнаҫтарса лартнӑ. 17 репродуктор илнӗ. Радиоузел шкулта кашни кун пулса иртекен хыпарсем ҫинчен вӗренекенсене хӑвӑрт пӗлтерме, вӗренӳпе воспитани ӗҫне чылай аванлатма пулӑшӗ.

Шкул пахчи тавра 425 метр тӑршшӗ ҫӗнӗрен решетка тытрӑмӑр. Опытлӑ участокра 157 тӗп улмуҫҫи, 476 тӗм хурлӑхан, 61 тӗм крыжовник, 280 тӗм хӑмла ҫырли ӳсеҫҫӗ. Опытлӑ участок тавра 3.000 тӗп хӗрлӗ акаци лартнӑ.

Учительсем те ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулне хӗрӳллӗн хатӗрленеҫҫӗ. Чылайӑшӗ институтсенче заочно вӗренсе хӑйсен пӗлӗвӗсене ӳстереҫҫӗ, ҫуллахи курссенче пулаҫҫӗ. Математика вӗрентекен учитель М. Каринкин Хусанти педагогика институтӗнче государство экзаменӗсем парать. В. Николаева, Ф. Матвеева, О. Шихранова, М. Мольков, А. Герасимов юлташсем Канашри учительски институтра заочно вӗренеҫҫӗ.

Учительсен ҫуллахи каникул вӑхӑтӗнчи тепӗр ӗҫӗ вӑл—кӗркуннене экзамен тытма хӑварнӑ ачасен пӗлӗвне ӳстерсе, вӗсене аслӑрах классенче вӗрентме куҫарасси. Ҫак ӗҫе педагогика коллективӗ пысӑка хурать. Учительсем ачасене кашни предметпах заданисем панӑ. Вӗсене мӗнле пурнӑҫланине тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑраҫҫӗ, консультацисем параҫҫӗ.

Ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулӗнче шкулта политехникӑлла вӗрентӗве лайӑхлатас енӗпе те чылай ӗҫ туса ирттернӗ. Шкулти «Ҫамрӑк техник» кружок членӗсем пулӑшнипе физика кабинечӗ ҫумӗнче мастерской тунӑ. Унта верстак, токарнӑй станок, пӑчкӑсем, савасем тата ытти инструментсем чылай.

Пирӗн шкулти пионерсемпе комсомолецсем ҫуллахи каникул вӑхӑтӗнче ҫулсерен походсемпе экскурсисене пулаҫҫӗ. Вӗренекенсем кӑҫал та тӗрлӗ маршрутсем тӑрӑх туристла походсене каяҫҫӗ. Ҫак ӗҫе 240 пионер тата комсомолец хутшӑнать. Походсенче пулакансем хамӑр районти ҫутҫанталӑк пуянлӑхӗсемпе, колхозсенче пулса вӗсен ӗҫ опычӗпе паллашаҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне ачасем район центрӗнчи учрежденисенче, организацисенче, типографире, МТС-ра тата ытти ҫӗрте пулаҫҫӗ. Ҫак уйӑх вӗҫӗнче вӗренекенсем районти Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоза экскурсие кайма хатӗрленеҫҫӗ. Экскурсантсем унта Социализмла Ӗҫ Геройӗсемпе тӗл пулаҫҫӗ.

Шкулсене ҫӗнӗ вӗренӳ ҫулне хатӗрлесси—пӗтӗм общественность ӗҫӗ. Ҫак ӗҫе партипе совет органӗсем тата хуҫалӑх организацисем активлӑ хутшӑнаҫҫӗ, ҫутӗҫ органӗсене пысӑк пулӑшу параҫҫӗ. Анчах, калас пулать, пирӗн районти хӑшпӗр организацисем шкулсене вӗренӳ ҫулне хатӗрлес ӗҫ ҫине сӳрӗккӗн пӑхаҫҫӗ. Эпир районти промкомбината апрель уйӑхӗнчех чечек лартмалли пукансем тума заказ патӑмӑр, анчах паянхи куна ҫитсе те вӗсене туман. Промкомбинат руководителӗсен ҫак ҫитменлӗхе хӑвӑртрах пӗтерме тӑрӑшас пулать.

Иртнӗ ҫул районти шкулсене юсама панӑ укҫаран 70 пин тенкипе усӑ курман. Кӑҫал та 150 пин тенкӗ панӑ. Анчах ҫак укҫапа усӑ курасси халлӗхе ытла та начар пулса пырать. Хӑшпӗр шкулсен руководителӗсем ҫаврӑнӑҫусӑрлӑхне пула ҫак укҫа ним усӑсӑрах выртать, ҫапла вара вӗренӳ ҫулне хатӗрленес ӗҫ ерипен, хӑй майӗпе пырать.

**Е. МОЛОСТВОВ,**
Елчӗк районӗнчи Аслӑ Елчӗкри ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкул директорӗ.

# КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн решенийӗпе СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн постановленийӗ пирки урах ҫӗршывсенчи хаҫатсем мӗн ҫыраҫҫӗ

### Болгари

СОФИЯ, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Болгари телеграф агентстви ҫакӑн ҫинчен пӗлтерет:

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӳ пирки, Бериян партие хирӗҫле тата государствӑна хирӗҫле преступникла ӗҫӗсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларнӑ май СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ йышӑннӑ постановлени пирки Болгарири хаҫатсем нумай ҫыраҫҫӗ.

«КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн решенийӗсене пӗтӗм парти, пӗтӗм совет халӑхӗ пӗр шухӑшлӑ пулса ырлаҫҫӗ» текен заголовокпа «Работническо дело» хаҫат паян «Правда» хаҫатӑн июлӗн 11-мӗшӗнчи умстатьине, Мускаври предприятисенче ӗҫлекенсен митингӗсем ҫинчен, КПСС Ленинград обкомӗпе хула комитечӗн, Украинӑри Коммунистсен партийӗн Киев обкомӗпе хула комитечӗн пӗрлехи пленумӗсем ҫинчен ТАСС пӗлтернисене пичетлет. Хаҫатсем ҫавӑн пекех ВЦСПС Президиумӗн заявленине тата ытти материалсене пичетлеҫҫӗ.

### Венгри

БУДАПЕШТ, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Бериян сутӑнчӑкла ӗҫне Венгри халӑхӗ сивлесе ылханать.

Совет халӑхӗн тӑшманӗ, мирпе демократи тӑшманӗ, пӗтӗм тӗнчери империализм агенчӗ Берия сутӑнчӑкла ӗҫсем тунине Венгрири ӗҫсыннисем ҫӗршывра пулса иртекен митингсемпе пухусенче хытӑ тарӑхса питлеҫҫӗ.

### Румыни

БУХАРЕСТ, июлӗн 13-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн постановленийӗ тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн постановленийӗ ҫинчен «Скынтейя» тата «Ромыниа либера» хаҫатсем пысӑк умстатьясем пичетленӗ.

Бухарестри пур хаҫатсем те КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн решенийӗпе СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн постановленийӗ пирки Совет Союзӗнче КПСС обкомӗсемпе хула комитечӗсен парти активӗсемпе пӗрле пулнӑ пленумӗсем ҫинчен, ҫавӑн пекех тата митингсемпе пухусем пулни ҫинчен ҫырнӑ отчетсене пичетлеҫҫӗ.

«Коммунистсен партийӗпе Совет государствин никам аркатайми вӑйӗ» ятлӑ умстатьяра «Скынтейя» хаҫат Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе Совет правительстви партипе халӑх пӗрлӗхне ҫирӗплетес ӗҫре тунӑ ҫитӗнӳсене, КПСС XIX-мӗш съезчӗ палӑртнӑ задачӑсене пурнӑҫлас ӗҫре тунӑ ҫитӗнӳсене, коммунизм строительствинче тунӑ ҫитӗнӳсене палӑртать.

«Партие хирӗҫ пынӑ Бериян преступникла ӗҫӗсене ылханса, тарӑхса питлесе, тенӗ малалла ҫав статьяра, Румыни халӑхӗ Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗпе СССР Верховнӑй Совет Президиумӗ тӗрӗс те татӑклӑ мерӑсем йышӑннине хавхаланса ырлать. Пирӗн ҫӗршыври коммунистсемпе мӗнпур ӗҫсыннисем ҫапла шутлаҫҫӗ: ҫавӑн пек мерӑсем йышӑнни вӑл Совет Союзӗнчи Коммунистсен мухтавлӑ партийӗ, унӑн ленинла-сталинла Центральнӑй Комитечӗ тата Совет правительстви питех те сыхӑ тӑнине кӑтартса паракан ҫӗнӗ тӗслӗх, вӗсем сыхӑ тӑрса мир ӗҫне хӳтӗленине, коммунизм строительствин аслӑ программине ҫирӗппӗн пурнӑҫласа пыма хатӗр пулнине кӑтартакан тӗслӗх пулать».

### Демократиллӗ Германи Республики

БЕРЛИН, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Берлинӑн демократиллӗ секторӗнчи хаҫатсем пурте КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗпе унӑн решенийӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӗве вайӑх курӑнмалли вырӑнта пичетленӗ. «Нейес Дейчланд», «Юнге Вельт», «Трибюне» тата «Берлинер Цейтунг» хаҫатсем КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӗве, СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн постановленине тата «Правда» хаҫатӑн кӑҫалхи июлӗн 10-мӗшӗнчи умстатьине пӗтӗмпех пичетленӗ.

«Нейес Дейчланд» хаҫат хӑйӗн умстатьи вырӑнне «Правда» хаҫатӑн июлӗн 10-мӗшӗнчи умстатьине тата КПСС Мускав комитечӗпе Мускав хула комитечӗн пӗрлехи пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ отчета пичетленӗ.

### США

НЬЮ-ЙОРК, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӳ пирки Пӗрлешӳллӗ Штатсенче мӗнпур хаҫатсем ҫыраҫҫӗ. Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларни Совет Союзӗн тулашри политикине урӑхлатма пултарӗ имӗш, тесе ҫырни те хаҫатсенче нумай тӗл пулать.

Информаци агентствисем конгрессӑн хӑшпӗр членӗсем мӗн калани ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Конгресс членӗсем вара Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларнине Совет Союзӗн шалти «вӑйсӑрлӑхне» палӑртса тӑракан тӗслӗх пулнӑ пек кӑтартма хӑтланаҫҫӗ, вӗсем ҫавна май США-н Совет Союзӗ тӗлӗшпе «татах та ҫирӗпрех» политика тытса пымалла тесе требовани лартаҫҫӗ.

ЛОНДОН, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентстви ҫапла пӗлтерет: Америкӑн хӑшпӗр конгрессменӗсем Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларни вӑл Совет Союзӗн «вӑйсӑр енне» палӑртрӗ тесҫӗ пулин те, США государство департаменчӗнчи Россия ыйтӑвӗсем енӗпе ӗҫлекен экспертсем Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларнине «совет режимӗ пӗтӗмпех ҫирӗпленсе пынине кӑтартакан паллӑ пулать», тесе шутлаҫҫӗ.

### Англи

ЛОНДОН, июлӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Англири хаҫатсем КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӗве, «Правда» хаҫатӑн июлӗн 10-мӗшӗнчи «Партин, правительствӑн, совет халӑхӗн никам аркатайми пӗрлӗхӗ» ятлӑ умстатьине пичетленӗ. Вӗсем ҫинчен Рейтер агентстви тата радиостанцисем пӗлтернӗ. Рейтер агентстви хӑйӗн пӗлтерӗвӗсенче КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн решенине Совет Союзӗнче ӗҫсыннисен нумай йышлӑ пухӑвӗсемпе парти активӗ пухӑвӗсенче пӗр шухӑшлӑ пулса ырлани ҫинчен каласа панӑ.

Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларнӑ пирки нумай хаҫатсем Совет Союзӗн политики улшӑнмасть-ши тесе ыйту лартаҫҫӗ. Сӑмахран, халӗ аслӑ державӑсен аслӑ руководителӗсен канашлӑвне пухма май килмест-ши тесе ыйту хускатаҫҫӗ. Хаҫатсенчен нумайӑшӗ ҫав канашлӑва пухас шухӑша ырлать, США канашлу пухассине вӑраха тӑсма е пӗтӗмпех сирсе яма хӑтланнине хытӑ критиклет.

Эрнере пӗрре тухса тӑракан «Нью стейтсмен энд нейшн» хаҫат «Даллес тавӑтӑ держава хушшинче каласусем ирттермелле тума килӗшмесӗн, вӑл Хӗвеланӑҫ Германие ҫӗнӗрен хӗҫпӑшаллантарассине малӑрах хурсан» тата малашне те Совет Союзне хирӗҫ сӑтӑрла ӗҫсем туса пыма шутласан, Англи Атлантика пактӗнчен тухӗ тесе хӑратать.

ЛОНДОН, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). «Дейли уоркер» хаҫатра редакци ҫырнӑ статья пичетленнӗ, унта ҫапла каланӑ: «Англи халӑхӗн США-па Англири реакциллӗ вӑйсене тӑватӑ аслӑ державӑн канашлӑвне пухма чарас тӗлӗшпе Берияна вырӑнтан кӑларнипе ҫӗнӗ сӑлтав вырӑнне усӑ курма памалла мар. Тӑватӑ аслӑ державӑн канашлӑвне мире сыхласа хӑварас тата хӗҫпӑшалсене нумай чакарас тӗллевпе пухмалла.

Берияна вырӑнтан кӑларни чӑннипе ҫакна кӑтартса парать: мирпе демократи ӗҫне кирек мӗнле майпа та пулин сиен кӳме тата пурнӑҫ шайне КПСС XIX-мӗш съезчӗ палӑртнӑ пек ӳстерме чӑрмантаракан нимӗнле политикӑна та, нимӗнле ҫынна та Совет Союзӗ тӳсме пултараймасть.

Ҫак событисем ҫине Англи халӑхӗн мӗнле пӑхмалла-ха? Паллах ӗнтӗ, Англи халӑхӗн тӑватӑ аслӑ державӑн конференцине халех ирттермелле тӑвас пирки нихҫанхинчен хастарлӑрах ҫине тӑмалла. Конференцие пухӑнма малтанлӑха нимӗнле условисем те лартмалла мар. Ҫапла майпа Англи халӑхӗ вара США-ри вӑрҫӑ чӗртекенсем тата рабочи класс тӑшманӗсем ҫавӑн пек конференци ирттерме кирек мӗнле майпа чӑрмантарнине те сирсе янӑ пулӗччӗ».

### Франци

ПАРИЖ, июлӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Францири хаҫатсем Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӗве, «Правда» хаҫатӑн «Партин, правительствӑн, совет халӑхӗн никам аркатайми пӗрлӗхӗ» ятлӑ умстатьине, ҫавӑн пекех тата КПСС Мускав комитечӗпе Мускав хула комитечӗн Мускаврипе Мускав облаҫӗнчи парти активӗпе пӗрле пулнӑ пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ пӗлтерӗве тата митингсемпе парти активӗн пухӑвӗсем ҫинчен пӗлтернисене пичетленӗ. Франс Пресс агентстви тата радиостанцисем ҫавсене пӗтӗмпех пӗлтернӗ е вӗсем ҫинчен каласа панӑ.

ПАРИЖ, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Парижри радиопа Франс Пресс агентстви КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен пӗлтернӗ пирки политикӑлла тӗрлӗ деятельсем мӗн калани ҫинчен пӗлтернӗ.

Министрсен совечӗн председателӗ пулнӑ, радикал-социалистсенчен депутата суйланнӑ Эдуард Даладье ҫапла каланӑ: Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларни «Российӑра парти пысӑк вӑй пулса юлнине ҫӗнӗрен уҫҫӑн кӑтартса парать». Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларни Совет Союзӗн тулашри политикине мӗн чухлӗ те пулин палӑрмаллах улӑштарас ҫук, тенӗ Даладье.

Франс Пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, министр пулнӑ Жюль Мок ҫапла каланӑ: Совет Союзӗ «вӑйсӑрланма» пултарассине ӗненме кирлӗ мар тата «ҫавӑн пирки Россия тӗлӗшпе татах та ҫирӗпрех позици йышӑнма кирлӗ мар... Пирӗн малтанлӑха нимӗнле условисем кӑларса тӑратмасӑр тӑватӑ державӑсен канашлӑвне пухма, канашлӑва аслӑ деятельсене хутшӑнмалла тума, ҫапла майпа тавлашуллӑ тӗп ыйтусене йӗркелеме, пур ҫӗршывсенче те пӗр вӑхӑтрах, майӗпен тата тӗрӗслесе тӑнипе хӗҫпӑшалсӑрланмалла тӑвассишӗн, ҫапла майпа ҫирӗп мир тӑвассишӗн тӑрӑшмалла».

ПАРИЖ, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ хаҫатсем: Совет Союзӗн мирлӗ политики мӗнле те пулин улшӑнасси ҫинчен сӑмах та пулма пултараймасть, тесе ҫыраҫҫӗ. «Юманите» хаҫатра ӗнер тухнӑ статьяра Пьер Куртад ҫапла каланӑ: «ССР Союзӗн мирлӗ политики пӗр уйрӑм ҫыннӑн е ҫынсен ушкӑнӗн политики пулса тӑмасть. Вӑл Коммунистсен партийӗн политики, XIX-мӗш съездра палӑртнӑ политика, апла пулсан, ССР Союзӗнчи халӑхсен политики пулса тӑрать. Бериян преступникла ӗҫӗсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларни ССР Союзӗнчи партипе халӑхсен ҫӗнтерӗвӗ, мир ӗҫӗн ҫӗнтерӗвӗ, ҫавӑнпа пӗрлех вӑл мире юратакан халӑхсен лагерьне аркатма хӑтланакансем поражени тӳсни пулса тӑрать».

### Инди

ДЕЛИ, июлӗн 13-мӗшӗ. (ТАСС). Индири хаҫатсем КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗн постановленийӗ ҫинчен, парти комитечӗсен парти активӗпе пӗрле пулнӑ пленумӗсем ҫинчен, ӗҫсыннисен пухӑвӗсем ҫинчен, ирсӗр сутӑнчӑк тата пӗтӗм тӗнчери империализмӑн тарҫи Берия преступникла ӗҫсем тунӑ пирки пӗтӗм совет халӑхӗ тарӑхни ҫинчен ҫырнӑ пӗлтерӳсене пичетлеҫҫӗ.

«Нейшнл геральд» хаҫат совет государство стройӗ питӗ ҫирӗп пулнине палӑртать.

### Швеци

СТОКГОЛЬМ, июлӗн 12-мӗшӗ. (ТАСС). Совет государствин тӑшманӗ Берия преступникла ӗҫсем туни ҫинчен КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ йышӑннӑ решени пирки хаҫатсем нумай ҫыраҫҫӗ.

«Норгон тиднинген» хаҫат хӑйӗн умстатьинче ҫапла ҫырать: «партипе государствӑн хальхи руководстви партин пур енчен те опытлӑ тата тӗрӗсленнӗ деятелӗсенчен, парти ӳссе вӑйланса пынӑ пур вӑхӑтри представительсенчен те тӑрать, ҫав руководствӑшӑн Берияна вырӑнтан кӑларни усӑллӑ тата ҫавна руководствӑн ӑнӑҫлӑхӗ тесе шутласан тӗрӗсрех пулать... Ӗҫ ҫакӑн пек: партин тачӑ пӗтӗҫнӗ руководстви ют ҫынтан хӑтӑлчӗ».

### Дани

КОПЕНГАГЕН, июлӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). «Ланд ог фольк» хаҫат паян Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӗве тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн постановленине пичетленӗ.

«Ланд ог фольк» хаҫат редакци ҫырнӑ статьяра Бериян партие хирӗҫле тата государствӑна хирӗҫле ӗҫӗсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларнипе тата ӑна ҫавӑн пек ӗҫсем тума чарнипе Совет Союзӗн шалти политикӑлла лару-тӑрӑвӗ те, тулашри политикӑлла лару-тӑрӑвӗ те ҫирӗпленессине палӑртать.

«Берия ӗҫне пӗтӗм тӗнчери лару-тӑру питех те ҫивӗчленсе кайнипе ҫыхӑнтарса пӑхса тухас пулать,—тесе ҫырать хаҫат,—ҫак лару-тӑрура вӑрҫӑшӑн тӑракан вӑйсем, Совет Союзӗпе мир тӑшманӗсем мир лагерьне, чи малтан унӑн авангардне—Совет Союзне, вӑйсӑрлатма тата йӗркесӗрлӗхсем кӑларма пур ҫӗрте те тата кирек мӗнле майсемпе те усӑ кураҫҫӗ.

Совет халӑхӗ питӗ нумай тӗрӗслевсем витӗр тухнӑ. Вӑл Коммунистсен партийӗ ертсе пынипе пӗтӗм тӗнче историйӗнчи паллӑ ӗҫе—социализмла общество тӑвас ӗҫе пурнӑҫларӗ. Аслӑ совет халӑхне пусмӑрлӑхпа чуралӑхран хӑтарса ирӗклӗх, ырлӑх тата социализм патне илсе ҫитернӗ Ленин—Сталин партийӗ тавра вӑл халӗ те хӑйӗн речӗсене татӑ пӗтӗҫтерме пултарать. Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ совет халӑхӗ хушшинчен тухнӑ. Парти хӑйӗн никам ҫӗнтерейми вӑйне халӑхран илсе тӑрать. Ҫак халӑх хӑйӗн речӗсене татах та тачӑрах пӗтӗҫтерме, пӗтӗм тӗнчери миршӗн, хӑйӗн ҫӗршывӗн ырлӑхӗшӗн, мирлӗ пурнӑҫшӑн тӑрӑшас ӗҫе малалла вӑйлатса пыма пултарать».

### Финлянди

ХЕЛЬСИНКИ, июлӗн 11-мӗшӗ. (ТАСС). Паян тухнӑ пур хаҫатсенче те КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫинчен ҫырнӑ информациллӗ пӗлтерӳ пирки комментарисем пичетленӗ. «Тюэкансан саномат», «Вапаа сана» тата «Хельсингин саномат» хаҫатсем «Правда» хаҫатӑн июлӗн 10-мӗшӗнчи «Партин, правительствӑн, совет халӑхӗн никам аркатайми пӗрлӗхӗ» ятлӑ умстатьине пӗтӗмпех пичетленӗ. Столицӑри ытти хаҫатсем ҫав статьяра мӗн калани ҫинчен ҫыраҫҫӗ.

ХЕЛЬСИНКИ, июлӗн 13-мӗшӗ. (ТАСС). «Тюэкансан саномат» хаҫат умстатьяра ҫакна палӑртать: совет халӑхӗн тӑшманне, пӗтӗм тӗнчери империализмӑн агентне Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларни пӗтӗм тӗнчери реакцие тата унӑн провокаторла политикине вӑйлӑ пырса ҫапать. Ҫакӑ вӑл реакци обществӑн пур каяшӗсене те хӳтӗлеме, этемлӗхӗн кирек мӗнле ӑпӑртапӑрӗсемпе те сыхӑнма хатӗр пулнине кӑтартса парать.

Берияна тӑрӑ шыв ҫине кӑларнипе Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗ тӗнчери коммунистсен партийӗсемпе рабочисен партийӗсене пурне те, рабочисене пурне те ҫакна кӑтартса пачӗ: унӑн ретӗнче рабочи класа сутакансене, вӗсем кирек мӗнле пысӑк вырӑна шӑвӑнса кӗрсен те, хӗрхенсе тӑмаҫҫӗ, тесе ҫырать хаҫат.

## Китайри промышленность предприятийӗсенче ӗҫри ҫӗнтерӳ

ПЕКИН, июлӗн 15-мӗшӗ (ТАСС). «Гуанминжибао» хаҫат государствӑн Пекинри 45 предприятийӗ, ҫав шутра Сурҫӗр Китайри алхуҫалӑх машинисем тӑвакан завод, Шицзиншаньри электростанци, Пекинри машинӑсем тӑвакан завод ҫур ҫулхи плана срокчен тултарни ҫинчен пӗлтерет.

Ҫур ҫулхи плана Шанхайри, Тяньцзиньри, Чунцинри, Тайюаньри, Нанкинри, Циндаори тата Китайри ытти хуласенчи предприятисем те ирттерсе тултарнӑ. Сурҫӗр Хӗвелтухӑҫ Китайри рабочисем уйрӑмах пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ. Харбинри, Дальнийри, Бенсри, Фушуньри тата ытти хуласенчи нумай предприятисем ҫур ҫулхи планӗсене срокчен чылай маларах тултарнӑ.

Китайри пысӑк предприятин — Аньшаньри металлурги комбиначӗн коллективӗ пӗтӗм вӑй хурса ӗҫлет, ҫӗршыва валли чугун, хурҫӑ, прокат ытларах та ытларах пуса кӑларать. Комбинатӑн домна цехӗ плана графиа тӑрӑх кашни кунах пурнӑҫласа пырать.

Аньшаньри комбинатра ҫамрӑк инженерсемпе техниксем, унта ӗҫлеме пӗлтӗр янӑ инерсем, 1.200 ҫын ытла питех те тимлӗ ӗҫлеҫҫӗ. Вӗсем производствӑра пысӑк вырӑн йышӑнаҫҫӗ, ҫӗнӗ техникӑпа ӗҫлеме вӗренме тата Совет Союзӗнчи малта пыракан ӗҫ меслечӗпе усӑ курас ӗҫе пуҫӑрса пыраҫҫӗ.

## Польшӑри горняксен ӗҫри ҫитӗнӗвӗсем

ВАРШАВА, июлӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Польшӑра ирӗке кӑларнӑ куна — июлӗн 10-мӗшне Польшӑри горняксем производствӑра ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем тунипе кӗтсе илнӗ. Ҫӗр кӑмрӑк промышленносӗнче 80 пин рабочи ытла улӑхӗнчи социализмла ӑмӑртура хутшӑннӑ.

«Боже дары» шахтӑри горняксем ҫак кунӑ тӗлне ҫӗршыва плантан ирттерсе 27.700 тонна ҫӗр кӑмрӑкӗ пама пулнӑ. Шахта коллективӗ хӑйӗн обязательствисене срокчен тултарни ҫинчен тата плантан ирттерсе ҫӗнӗрен 1.000 тонна ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларма пулни ҫинчен пӗлтернӗ.

«Валенчи Вавель» шахтӑра ҫак уйӑхӑн малтанхи вунӑ кунхи производство планӗ 104,6 процент тултарнӑ. Ҫав вӑхӑтрах ӑмӑртура «Червона гвардия», «Готвальд», «Семьяновице» тата ытти шахтӑсен коллективӗсем пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ.

Вроцлав хулинчен ултӑ ҫулхах план тӑрӑх тумалли предприятисенчен пӗринче — пӗлтӗр тӗпри кӑларакан «Бонрад» руднике анӑҫлӑ туса пӗтерни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

## Чехословакири ӗҫсыннисем вырӑс чӗлхине вӗренеҫҫӗ

ПРАГА, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Чехословаки телеграф агентстви ҫакӑн ҫинчен пӗлтерет: ҫак кунсенче халӑхӑн вырӑс чӗлхине вӗренекен курсӗсен пӗтӗм государствӑри конференцийӗ пулса иртнӗ. Унта курсем 1952—1953 вӗренӳ ҫулӗнчи ӗҫсем ҫинчен итоге тунӑ. 21.900 курсра вырӑс чӗлхине 326.400 ҫын ытла вӗреннӗ. Промышленность предприятийӗсенче 4.650 курса ӗҫлӗ организациленӗ, ҫав курссенче 70.720 ҫын вӗреннӗ. 1952—1953 вӗренӳ ҫулӗнче шахтерсем, металлургсем, строительсем — темиҫе пин ҫын вырӑс чӗлхине вӗренме ҫӳренӗ.

Вырӑс чӗлхине вӗренмелли курссен кӑсенче те лайӑх ӗҫленӗ.

Вырӑс чӗлхине вӗренмелли курссен шучӗ ӳссе пынӑ май юлашки ҫулсенче Совет Союзӗнче тухакан хаҫат-журналсене тата кӗнекесене сырӑнса илекенсен шучӗ те ӳснӗ. 1950 ҫулта Чехословакие Совет Союзӗнче тухакан хаҫат-журналсен 151 пин экземпляр пырса тӑнӑ пулсан, кӑҫал 280 пин экземпляр илсе тӑма сырӑннӑ. 1947 ҫулта Прагӑра Совет Союзӗнче кӑларнӑ кӗнекесене сутакан тӗп магазин кӑна пулнӑ, халӗ ҫавӑн пек магазинсем 27 ӳснӗ. Вырӑсла кӗнекесене сутасси, 1947 ҫулхипе танлаштарсан, 20 хут ытла ӳснӗ.

## Болгари урӑх ҫӗршывсене промышленность таварӗсем сутать

СОФИЯ, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Болгари Халӑх Республики хӑйӗн тулашри суту-илӗвне тӑтӑшах вӑйлатса пырать. Промышленносӗ вӑйлӑ аталаннӑ тата производство планӗсене анӑҫлӑ тултарса пынӑ май урӑх ҫӗршывсене сутма ытларах та ытларах товар хатӗрлеҫҫӗ. Таварсен хисепӗ те, ассортименчӗ те ӳсет. Халӗ Болгари алхуҫалӑх продукчӗсем кӑна мар, промышленность тунӑ япаласем те, ҫав шутра металл касакан станоксем, электромоторсем, искусственнӑй удобрени, цемент тата ытти промышленность таварӗсем сутать.

Кӑҫал Болгари тӗнчери ҫӗршывсен Лейпциг, Вена тата Майн ҫинчи Франкфурт хулисенче пулакан ярмаркисене хутшӑнать.

## Польшӑри ӗҫсыннисен канӑвӗ

ВАРШАВА, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Польшӑра халӗ — ҫуллахи курорт сезонӗ. Ҫӗршывӑн илемлӗ вырӑнӗсенче — Балти тинӗсӗ тӑрӑхӗнче, Татр тӑвӗсем ҫывӑхӗнчи вырӑнсенче, Анатри Силезири хыр вӑрмансенче пиншер рабочисем, хресченсем тата интеллигентсем канаҫҫӗ.

Балти тинӗсӗ хӗрринчи хыр вӑрманӗнчи «Поберово» текен кану ҫуртӗнче шахтӑсенчи, промышленноҫри предприятисенчи тата стройкӑсенчи ӗҫре малта пыракансем темиҫе ҫӗр ҫын канаҫҫӗ. Производствӑра питӗ лайӑх ӗҫленӗшӗн вӗсене укҫа тӳлетмесӗрех путевкӑсем панӑ.

Варшава ҫывӑхӗнче государствӑн ялсенчи хуҫалӑхӗсен тата машина-трактор станцийӗсен работникӗсем валли ятарласа кану ҫурчӗ тунӑ.

Польшӑри канмалли ҫуртсемпе санаторисенче кашни уйӑхрах 80.000 ӗҫсынни канать. Кӑҫал ҫӗршыври курортсенче пӗтӗмпе 50.000 ҫынна яхӑн пулать.

## Румынире И. В. Сталинӑн „Анархизм е социализм?" ятлӑ произведенине пичетлесе кӑларнӑ

БУХАРЕСТ, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Румыни Халӑх Республикин политикӑлла литература издательстви И. В. Сталинӑн «Анархизм е социализм?» ятлӑ произведенине уйрӑм кӗнеке туса пичетлесе кӑларнӑ.

## Корейӑри ӗҫсем

### ХАЛӐХ ҪАРӖН ГЛАВНАЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнай командованийӗ паян ҫапла пӗлтерет: халӑх ҫарӗсем центральнӑй фронтӑн уйрӑм участокӗсенче тӑшмана хирӗҫ оборонӑра тӑсем хаяррӑн ҫапӑҫнӑ.

Енер касхине Америкӑн сывлӑшри вӑрӑ-хураххӗсем Чунхва уездӗнчи (Кӑнтӑр Пхенан провинцийӗ) ялсем ҫине тапӑннӑ, вӗсем ҫине бомбӑсем пӑрахнӑ.

ПХЕНЬЯН, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх ҫарӗн Главнай командованийӗ паян ҫапла пӗлтерет: иртнӗ кун хушшинче халӑх ҫарӗсем центральнӑй фронтри уйрӑм участокӗсенче тӑшмана хирӗҫ ҫапӑҫнӑ.

Халӑх ҫарӗ зенитнӑй чаҫӗсем тата самолетсене хирӗҫ ҫапӑҫакан салтакӗсем паян тӑшманӑн 3 самолетне персе ӳкернӗ тата 2 самолетне сиен кӳнӗ.

## Корейӑпа Китай делегацийӗ пӗлтерни

ПЕКИН, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран пӗлтернӗ тӑрӑх, Корейӑри перемири ҫинчен пыракан калаҫусене хутшӑнакан Корейӑпа Китай делегацийӗ паян ҫакӑн пек пӗлтерӳ пичетлесе кӑларнӑ:

Июлӗн 15-мӗшӗнче икӗ енӗн делегацийӗсен хушӑ ларӑвӗ пулнӑ. ООН-ӑн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен делегацийӗн хӑй тӗллӗнех лару ирттерме вӑхӑтлӑха чарӑнасси ҫинчен пӗлтернӗ те ларуран тухса кайнӑ.

Тепӗр лару июлӗн 16-мӗшӗнче, ирхине 11 сехетре пуҫланать.

## Корейӑна Китайӑн делегацийӗ хирӗҫлесе калани

ПЕКИН, июлӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран ҫакӑн ҫинчен пӗлтерет:

Корейӑри перемири ҫинчен пыракан калаҫусене хутшӑнакан Корейӑпа Китай делегацийӗ паян пичетлесе кӑларнӑ пӗлтерӳре ҫапла калать:

Июлӗн 12-мӗшӗнче 20 сехет те 10 минутра тепӗр енӗн позицийӗнчен пенӗ снаряд Паньмыньчжонра конференцисем пыракан районта, унӑн чиккинчен 150 метрта ӳксе ҫурӑлнӑ.

Июлӗн 14-мӗшӗнче Корейӑпа Китай делегацийӗн сыхӑну ӗҫӗсен аслӑ офицерӗ тепӗр енӗн сыхӑну ӗҫӗсен аслӑ офицерӗ патне сыру янӑ, ҫав ҫырура вӑл ООН-ӑн хӗҫпӑшаллӑ вӑйӗсен делегацийӗн ҫак йӗркесӗрлӗх ҫине тӗплӗн пӑхма кирлине асӑрхаттарнӑ. Ҫак йӗркесӗрлӗх конференци районӗнче хӑрушсӑрлӑх пулмалли ҫинчен тунӑ килӗшӳе тӳрремӗнех пӑсни пулать. Кунсӑр пуҫне тата вӑл ику енӗшӗн те лайӑх мар ӗҫсем патне илсе пыма пултарни ҫинчен те ҫырура каланӑ.

Малашне ҫавӑн пек йӗркесӗрлӗхсем ан пулччӑр тесен, тепӗр енӗн хӑйӗн хӗҫпӑшаллӑ ҫыннисем хушшинче дисциплинӑна ҫирӗп пурнӑҫламалла тӑвас пулать, тенӗ ҫырура.

## США, Великобритани тата Франци ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗсен канашлӑвӗ

ВАШИНГТОН, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Июлӗн 10-мӗшӗнче 14-мӗшӗ хушшинче Вашингтонра канашлу пулнӑ. Унта Францин ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Бидо, Пӗрлешӳллӗ Королевствӑн ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗн ӗҫӗсене туса пыракан Солсбери маркиз, США-н государство секретарӗ Даллес хутшӑннӑ. Канашлу хыҫҫӑн пӗлтерӳ пичетлесе кӑларнӑ. Ҫав пӗлтерӳре канашлу «виҫӗ правительствӑна та интереслентерекен тӗрлӗ ыйтусене» сӳтсе явни курӑнать. Сӑмахран, Европа проблемисене, ҫав шутра «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ» ҫинчен, Германи ыйтӑвне тата Австри ыйтӑвне сӳтсе явнӑ. Канашлура тата Инҫет Хӗвелтухӑҫ проблемисене — Корейӑри лару-тӑру ҫинчен, Китай тӗлӗшпе виҫӗ державӑн мӗнле позици тытмалли ҫинчен сӳтсе явнӑ. Индо-Китайри халӑхи лару-тӑрӑва та пӑхса тухнӑ.

Канашлура пулнисем Германи проблемине тата Австрипе договор тӑвас ыйтӑва сӳтсе явма Франци, Пӗрлешӳллӗ Королевствӑн, Америкӑри Пӗрлешӳллӗ Штатсен тата ССР Союзӗн ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗсене пӗрле тӗл пулма сӗнме решени йышӑннӑ.

## Египетри лару-тӑру

КАИР, июлӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсем ҫакӑн ҫинчен пӗлтереҫҫӗ: акӑлчансем калана тӑрӑх, Исмаили хулинче июлӗн 2-мӗшӗнче Англин пӗр летчикӗ ҫухалнӑ. Англи асӑннӑ летчике каялла тавӑрма ыйтса Египета ультиматум панӑ. Ҫав ультиматума Египет сирсе янӑ. Англин летчикне тавӑрмалли срок тухнӑ хыҫҫӑн, Англи ҫарӗсен командованийӗ хӑй ультиматума хӑратса каланисене июлӗн 13-мӗшӗнче ирхине пурнӑҫлама тытӑннӑ. Ҫавӑн пирки Исмаилире кӑна мар, Суэц каналӗ тӑрӑхӗнчи мӗнпур вырӑнсенче лару-тӑру йывӑрланнӑ. Англичансем Исмаилире тата Порт-Саидра чрезвычайнӑй положени туса хуни ҫинчен пӗлтернӗ. Ҫав хуласене пырса кӗмелли ҫулсене пӳлсе лартнӑ. Унти ҫулсем ҫинче ҫӳрекен поездсене, автобуссене тата автомашинӑсене тухтараҫҫӗ.

«Аль-Мысри» хаҫат Порт-Саидра пухусем демонстрацисем ирттерме чарни ҫинчен пӗлтерет. Англи салтакӗсене лагерьсенчен ушкӑнӑн-ушкӑнӑн ҫеҫ тухма ирӗк панӑ. Египет ҫыннисене арестлени тата хӗнни ҫӗрте Англи салтакӗсемпе Египет халӑхӗ хушшинче тытӑҫусем пулни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

«Аль-Ахбар» хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, Исмаилире Египетӑн 27 ҫыннине тытса хупнӑ.

«Аль-Мысри» хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, Египетӑн Суэц каналӗ тӑрӑхӗнчи вырӑнсенче служба тӑракан салтакӗсемпе полицейскисене отпуска яма чарнӑ, отпускри ҫынсене пурне те хӑйсен чаҫӗсене тавӑрма хушнӑ.

Хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, наци руководствин министрӗ Салах Салем хӑй июлӗн 13-мӗшӗнче тунӑ заявленире Англи ӗҫӗсен Египетри повереннӑйне Хэнкие вӑл канал тӑрӑхӗнче ҫакӑн пек лару-тӑру туса хурасшӑн пулнине пуҫарчӗ тесе айӑпланӑ. «Ҫак провокацисене Хэнки хӑй Исмаилире нумай пулмасть темиҫе кун хушши пурӑнса кайнӑ хыҫҫӑн хатӗрленӗ», тенӗ Салем.

КАИР, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Египетӑн наци руководстви министрӗ Салах Салем «акӑлчансем Суэц каналӗ патӗнче хирӗҫӳсем кӑларни ҫинчен» пӗлтерӳ енер ятарласа ют ҫӗршыв корреспонденчӗсен пресс-конференцине пухнӑ.

Салах Салем пресс-конференцире ҫапла каланӑ: Суэц каналӗ тӑрӑхӗнчи вырӑнсенче кашни кунах 2—3 хирӗҫӳ пулса иртет. Майпа июнь уйӑхӗсенче 40 хирӗҫӳ ытла регистрациленӗ: Египет ҫыннисене пӑшалпа пенисем, вӗлернисем, ухтарнисем, тытса хунисем, мирлӗ ҫынсен ҫине тапӑннисем пулнӑ. Англи ультиматумне Египет сирсе янӑ хыҫҫӑн июлӗн 13-мӗшӗнче акӑлчансем, хӑйсем хӑратса каланине пурнӑҫлама тытӑнсан, икӗ ҫын вӗлернӗ.

Салах Салем малалла тата Англи салтакӗсем поездсене, автобуссене, автомашинӑсене сӗмсӗррӗн ухтарса ҫӳрени ҫинчен пӗлтернӗ.

Юлашкинчен Салах Салем ҫапла каланӑ: акӑлчансен кировсӗр ӗҫӗсем пӗтӗм Египет халӑхне питӗ хытӑ тарӑхтараҫҫӗ. «Халӑх ӳсӗннӑ ҫапӑҫма тухасшӑн. Эпир халӑха аран-аран тытса чаратпӑр. Анчах та эпир халӑха нумай вӑхӑт хушши чарса тӑма пултараймастпӑр, тесе шутлатӑп эпӗ», тенӗ вӑл.

КАИР, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Египетри хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Египетӑн «Ертсе пыракан революциллӗ совечӗ» июлӗн 14-мӗшӗнче хӑйӗн ларӑвне ирттернӗ. Унта Суэц каналӗ патӗнчи событисем пуҫланнӑ май ҫӗршывра мӗнле лару-тӑру пулса кайни ҫинчен сӳтсе явнӑ. Лару хупӑннӑ хыҫҫӑн Египетри наци руководствин министрӗ Салах Салем корреспондентсене ҫапла каланӑ:

«Ертсе пыракан революциллӗ совет» пысӑк пӗлтерӗшлӗ решенисем йышӑнчӗ. Ҫак решенисем юрӑхлӑ самант ҫитнӗ вӑхӑтра пурнӑҫламалли пӗтӗм планӑн пӗрпайӗ пулса тӑраҫҫӗ». Малалла Салах Салем: «Ертсе пыракан революциллӗ совет» йышӑннӑ решенисем ҫинчен тивӗҫлӗ вӑхӑтра пӗлтеретпӗр», тенӗ.

КАИР, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Египетри «Аль-Ахрам» хаҫат ҫырнӑ тӑрӑх, хаҫат редакцийӗ Англи Египетӑн халӑх влаҫне сирӗпсе антарма шутлани ҫинчен калакан документсем, Англин официаллӑ документӗсем пур имӗш».

Хаҫат хӑй ҫырнине ҫирӗплетме телеграмма пичетлесе кӑларнӑ. Хаҫатра ҫырнӑ тӑрӑх, ҫав телеграммӑна Англин разведка службин Лондона янӑ. Телеграммӑра укҫа пама ыйтнӑ. «Ҫав укҫа кунта улшӑнусем тума хатӗр тӑракан ҫынсене пама кирлӗ», тенӗ телеграммӑра.

## Индири Манипур айлӑмне шыв илнӗ

ЛОНДОН, июлӗн 13-мӗшӗ. (ТАСС). Рейтер агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, Импал шывӗ тулса нумай ҫарӑлнӑ. Ҫавна пула Инди ялӗсенче пурӑнакан 10 пин ҫын ҫурт-йӗрсӗр тата апат-ҫимӗҫсӗр тӑрса юлнӑ. Манипур айлӑмӗн кӑнтӑрти пайӗнче рис ӳсекен 30 пин акра яхӑн ҫӗр шыв айне пулнӑ.

## Парижри полици демонстрантсене вӗлернӗ тата амантнӑ

ПАРИЖ, июлӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Паян ирхине тухнӑ хаҫатсем ҫапла пӗлтернӗ. Енер полици тата «республика хӑрушсӑрлӑхӗн отрячӗсем» текенсерсем Алжир ҫыннисен Наци площадӗнчи демонстрацийӗ ҫине тапӑннӑ. Савӑн чухне вӗсем демонстрантсенчен 7 ҫынна вӗлернӗ, 126 ҫынна амантнӑ. Йывӑр аманнисем нумай. Чукмарсемпе хӗненисӗр пуҫне, полицейскисем пӑшалсемпе пенӗ. Ҫавӑн пек тапӑннине хирӗҫ тӑрса, демонстраци пуҫхинисем площадь таврала тытнӑ йывӑҫ картан хуҫӑкӗсене алла илсе ҫапӑҫнӑ. «Юманите» хаҫат ҫапла пӗлтерет: енер каҫхине фашистсем ушкӑнӗ Францири Коммунистсен партийӗн центральнӑй комитечӗ ҫурчӗ ҫине тапӑннӑ, ҫав ҫуртӑн тӳречисенчен чулсемпе пенӗ.

Полици демонстрантсем ҫине тапӑнса юн тӑкнине хирӗҫ Парижри ӗҫсыннисем хытӑ протестлеҫҫӗ.

## Италин ҫӗнӗ правительстви

ПАРИЖ, июлӗн 16-мӗшӗ. (ТАСС). Франс Пресс агентстви Римран пӗлтернӗ хыпарта Италин ҫӗнӗ правительствин ҫаксем кӗни ҫинчен каланӑ:

Министрсен Совечӗн председателӗ тата ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Альчидо де Гаспери, Министрсен Совечӗн вице-председателӗ — Аттилио Пиччони, портфельсӗр министр — Пьетро Кампилли, шалти ӗҫсен министрӗ — Аминторе Фанфани, юстици министрӗ — Гуидо Гонелла, финанссен министрӗ — Эцио Ваноли, оборона министрӗ — Джузеппе Кодаччи-Пизанелли, бюджет министрӗ тата вӑхӑтлӑха казначейство министрӗн ӗҫӗсене туса пыракани — Джузеппе Пелла, халӑха вӗрентес ӗҫ министрӗ — Джузеппе Беттиоль, общӗствӑлла ӗҫсен министрӗ — Джузеппе Спатаро, алхуҫалӑх министрӗ — Ровко Саломоне, суту-йӗр министрӗ — Джузеппе Тоньи, почта, телефон тата телеграф министрӗ — Умберто Мерлин, промышленность тата суту-илӳ министрӗ — Сильвио Гава, тулашри суту-илӳ министрӗ — Пьоло-Эмилио Тавиани, ӗҫ тата социальнӑй обеспечени министрӗ — Леопольдо Рубиначчи, суту-илӳ флочӗн министрӗ — Бернардо Маттарелла.

## Ардальон Игнатьев — Росси Федерацийӗн чемпионӗ

Июлӗн 12-мӗшӗнче Мускавра ҫӑмӑл атлетика енӗпе Росси Федерацийӗнче мала тухассишӗн ӑмӑрту пуҫланчӗ. Ӑмӑртӑва 1.500 спортсмен хутшӑннӑ.

Ҫак ӑмӑртура Чӑваш республикин пултарулла спортсменӗ А. Игнатьев пысӑк ӳсӗмсем тӑвать. Ардальон Игнатьев — 400 метра чупас тӗлӗшпе Совет Союзӗн чемпионӗ тата рекордсменӗ. 100 метра чупас тӗлӗшпе вӑл лайӑх тӗслӗхсем кӑтартать.

Ӑмӑртӑвӑн малтанхи кунӗнче А. Игнатьев 100 метра 10,9 секундра чупса тухса, икӗмӗш ушкӑнра пӗрремӗш вырӑн тивӗҫлӗ пулнӑ. Вӑл кун пӗррӗмӗш вырӑна Н. Родигин (Свердловск хули) тухнӑ пулнӑ. Унӑн результачӗ — 10,8 секунд. Каласа пулать, темиҫе кун маларах Мускаври шкул ачисен спорт праҫникӗнче Игнатьев 100 метра 10,8 секундра чупса тухнӑ, Чӑваш республикин ҫӗнӗ рекордне тунӑ пулнӑ.

Финалта 100 метра чупма ҫӗршыври питӗ хӑвӑрт чупакан спортсменсем хутшӑннӑ. Ардальон Игнатьев унта пӗрремӗш вырӑн йышӑннӑ, ҫапла вара Росси Федерацийӗн чемпионӗ ятне илме тивӗҫлӗ пулнӑ.

Июлӗн 14-мӗшӗнче финалта 200 метра чупнӑ. Ҫак чупӑва В. Сухарев, Г. Каляев, Н. Родигин тата ытти вӑйлӑ спортсменсем хутшӑннӑ. Чӑваш республикин представителӗ А. Игнатьев каллех пӗррӗмӗш вырӑна тухнӑ. Унӑн результачӗ — 21,4 секунд. А. Игнатьева Росси Федерацийӗн чемпионӗн иккӗмӗш хӑюне панӑ.

Виҫӗмкун спортсменсем 400 метра чупас енӗпе ӑмӑртнӑ. А. Игнатьев ҫак дистанцие 47,8 секундра чупса тухса пӗрремӗш вырӑн йышӑннӑ. Студентсен Мускавра пулса иртнӗ Пӗтӗм Союзри ӑмӑртӑвӗнче ҫӗршыв рекордӗнче ҫак дистанцийех 47,5 секундра чупса тухнӑ. Столицӑри «Динамо» спорт обществин стадионӗнче халичченхи никам та ҫакӑн пек результат кӑтартма пултарайман.

## Шупашкарти ипподромра

Июлӗн 12-мӗшӗнче Шупашкарти ипподромра хӑвӑрт чупакан лашасен пиллӗкмӗш ӑмӑртӑвӗ пулчӗ. Ӑмӑртӑва 36 лаша хутшӑнчӗ. Вӗсене 1.600 тата 2.400 метр ӑмӑртса чуптарчӗҫ.

1951 ҫулта ҫуралнӑ лашасенчен Чӑвашсен государство лаша витинчи «Злак» ятлӑ ӑйӑр 1.600 метра 2 минут та 44 секундра чупса тухса пӗрремӗш вырӑн йышӑнчӗ.

Старта Сӗрпӳ районӗнчи «Новая жизнь» колхозри «Домец» ӑйӑра, 1950 ҫулта ҫуралнӑскерне, ҫав районти «Авангард» колхозри 1948 ҫулта ҫуралнӑ «Дивный клан» ятлӑ ӑйӑра илсе тухаҫҫӗ. Ӑмӑрту вӑйлӑ пулчӗ. «Донец» 1.600 метрлӑ дистанцие 2 минут та 29,5 секундра чупса тухрӗ. «Дивный клан» ӑйӑр унтан пурӗ те ҫур секунд кӑна кая юлчӗ.

Шӑмӑршӑ районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхозри «Жребий» ӑйӑра, 1947 ҫулта ҫуралнӑскерне, чи лайӑх вӑхӑт кӑтартассишӗн чуптарчӗҫ. Дистанцие вӑл 2 минут та 22 секундра чупса тухма пултарчӗ.

Государствӑн лаша витинчи «Запев» ятлӑ ӑйӑра та (вӑл 1950 ҫулта ҫуралнӑ) чи лайӑх вӑхӑт кӑтартассишӗн чуптарчӗҫ. Иртнӗ ӑмӑртура унӑн результачӗ 2 минут та 42,6 секунд пулнӑ. Курма пынисем хӑвӑртӑн ытқӑнса пыракан лаша чупнине питӗ интересленчӗҫ. «Запев» ҫак кунхи ӑмӑртура чи лайӑх результат кӑтартрӗ. Судья ӑмӑрту мӗнле пынине кӑтартакан хӑма ҫине «2 минут та 18 секунд» тесе ҫырса хурать. «Запев» республика ипподромӗнче ҫӗнӗ рекорд турӗ. 1941 ҫулта государствӑн лаша витинчи «Малина» кӗсрепе «Чижик» ӑйӑр 1.600 метра 2 минут та 19 секундра чупса тухнӑ пулнӑ. Унтанпа вӑл рекорда нихӑш лаша та ҫӗнтермен.

Ишлей районӗнчи «Большевик» колхозри «Любимчик», «Нептун», Шӑмӑршӑ районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхозри «Бубен» ӑйӑрсене, тӗрлӗ вӑхӑтра ҫуралнӑскерсене 2.400 метра ӑмӑртса чуптарчӗҫ. Финиша чи малтан «Нептун» ҫитрӗ. Унӑн вӑхӑчӗ — 4 минут та 41 секунд.

А. ЖИРНОВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАҪАТРА

Умстатья. — Халӑхсен арканми ҫирӗп туслӑхне тӗреклетер.

Париж ертсе пынипе совет халӑхӗ хӑйӗн Тӑван ҫӗршывӗн хӑватне пӗрмай тӗреклетсе пырать.

А. Соболев. — Совет государствин никам арҫатайми хӑвачӗ.

Хрущев ячӗпе тӑракан колхозра ӗнесене ҫуллахи вӑхӑтра кӗтӗве ямасӑр пӑхса усрани ҫинчен.

Г. Федоров. — Финанс планне пур кӑтартусем енчен те тултарар.

«Пирӗн пата, Кузбаса килӗр!»

С. Дурылин. — Халӑх артистки (М. Н. Ермолова ҫуралнӑранпа 100 ҫул тултарнӑ тӗле).

Редактор заместителӗ М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ — Кизел хулинчи драма театрӗн гастролӗсем. Июлӗн 17-мӗшӗнче «Ночной звонок». Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуҫланать.

### КИНО

«РОДИНА» — июлӗн 17-мӗшӗнче 12 тата 14 сехетре пуҫланакан сеанссенче «Рядовой Александр Матросов», ытти сеанссенче — «Дочь полка». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуҫланаҫҫӗ.

## Ыйтусемпе ответсем

ЫЙТУ. Эпир кӑҫалхи ҫула 1953-мӗш ҫул тетпӗр. Ҫак 1953 ҫула мӗнле ҫултан шутласа пыраҫҫӗ?

В. П. Галкин, Первомайски р., Йӳҫ Шӑхаль ялӗ.

ОТВЕТ. Ҫулсен шучӗн пуҫламӑшне эра пуҫламӑшӗ теҫҫӗ. Авалхи культурӑллӑ халӑхсен кашниннех хӑйсен эри пулнӑ. Африкӑри Нил таврашӗнчи ҫӗршыва Египет, унта пурӑнакансене египтянсем, теҫҫӗ. Египтянсен таҫҫан авалтанпах ҫӳлте тӑракан культура пулнӑ, вӗсем ытти халӑхсенчен чылай маларах ҫултакӑра 365 кун пулнине пӗлнӗ. Египтянсен хӑйсен эри те пулнӑ. Вӗсем ҫулсен шутне «тӗнче пуҫланнинчен» шутланӑ. Египтянсем тӗнче ҫинчен нумай пӗлмен, ӑна турӑ тунӑ тесе ӗненнӗ.

Эпир халӗ тӗнчен вӗҫӗ-хӗрри ҫуккине пӗлетпӗр. Паллах, ҫак вӗҫӗ-хӗррисӗр тӗнчене нимле турӑ та тума пултарайман. Авалхи халӑхсем ҫакна пӗлмен, тӗнче пуҫланса кайнӑ хыҫҫӑн темиҫе пин ҫулран ытла мар иртнӗ тесе ӗненнӗ. Халхи вӑхӑтра тӗнчене турӑ тунӑ тесе калакане ытла ним те пӗлмен тӗшмӗш ҫынсем ҫеҫ ӗненме пултараҫҫӗ.

Авалхи грексен кашни тӑваттӑмӗш ҫултах Олимп ятлӑ хула ҫывӑхӗнче пухӑнса ӳпе тӑвас йӑла пулнӑ. Олимп хули ячӗпе олимпиада тенӗ. Олимпиадӑра грексен хӑйсен пултарулӑхне кӑтартнӑ: ҫирӗ ӗстисем юрласа, хӑвӑрт чупма пултараканисем чупса, вӑйлӑ ҫынсем кӗрешсе, сӑвӑ ҫырса калана пӗлекенсем, сӑвӑ каласа, купӑсҫисем тӗрлӗ инструментсемпе вылясса хӑйсен пултарулӑхне кӑтартнӑ. Грексен хӑйсен олимпиадине питӗ чысланӑ, унти ӑмӑртусенче ҫӗнтерекенсене хисепленӗ, олимпиадӑра ҫӗнтерекенсем ҫинчен тӗрлӗ юрӑсем хывса юрланӑ, вӗсем ҫинчен лайӑх юмахсем каланӑ. Кӗскен каласан, грексен пурнӑҫӗнче олимпиада пысӑк вырӑн йышӑннӑ, грексемшӗн олимпиада паллӑ событисенчен пӗри пулнӑ.

Чи пирвайхи олимпиада грексен эри пуҫламӑшӗ пулнӑ, вӗсем ҫулсен хисепне пӗррӗмӗш олимпиадӑран шутласа пынӑ. Ҫапла ӗнтӗ, грексен эри чӑн пулнӑ событипе ҫыхӑнса тӑрать тесе калама май килет. Грексене римлянсем пӑхӑнтарнӑ хыҫҫӑн, ҫулсене пирвайхи олимпиадӑран шутлас йӑла пӗтсе ларнӑ, вара грексем ҫулсене римлянсем пекех шутлама пуҫланӑ.

Авалхи римлянсен эри — Рим хули пуҫламӑшӗ пулнӑ. Вӗсем ҫулсене Рим хулине туса лартнӑ ҫултан пуҫласа шутланӑ. Римлянсем Диоклитиан ятлӑ ҫын император пулса ларичченех ҫулсене Рим пуҫланнинчен шутласа пынӑ. Унтан Диоклитиан императора ларнӑ ҫула пӗррӗмӗш ҫул туса малалла шутлама тытӑннӑ, Рим хулине тунинчен шутлас йӑлана пӑрахнӑ.

Диоклитиан пурӑннӑ вӑхӑтра Рим патшалӑхӗнче ҫӗнӗ христианла религи вӑйланса пынӑ. Христианла религи еврейсем хушшинче пуҫланса кайнӑ. Ун чухне чуралла строй пулнӑ. Христианла религи чурасемшӗн кӑмӑллӑ пулнӑ, ҫавӑнпа та вӑл чурасен хушшинче хӑвӑрт сарӑлса пынӑ. Диоклитиан император, христианла религи чурасене организацилесрен хӑраса, христианла религипе пурӑнакансене питӗ нумай хӗснӗ, христиансене нумайӑшне асаплантарса вӗлернӗ, тӗрмесене хупса лартнӑ.

Диоклитиан хыҫҫӑнхи императорсенчен пӗри христиансем патшасене, чура хуҫисене нихҫан та хирӗҫ тӑманнине сиснӗ, вара христианасене пусмӑрлама чарнӑ, кайрантарах хӑй те христианла религие йышӑннӑ. Ҫакӑнтан пуҫласа христианла религи патшалӑх религийӗ пулса тӑнӑ. Тӗрлӗ пуҫлӑхсем, пуянсем ҫак религие кусӑ. Вара христианисем хӑйсем ытти религипе пурӑнакансене пусмӑрлама тытӑннӑ.

Христианла религипе пурӑнакансен евангели текен кӗнекесем пулнӑ. Ҫак кӗнекесенче ӑнчипе нихҫан та пулман Христос ҫинчен темӗн чухлӗ халапсем ҫырса хунӑ. Пӗр евангелинче Христос ҫинчен тӗрлӗ халапсем ҫырса хунӑ. Пӗр евангелинче Христос ҫинчен пӗр пек, теприн ҫинче — урӑхла, виҫҫӗмӗшӗнче тата урӑхла ҫырнӑ. Тӗрлӗ евангелисем хӗрӗх йышшӑн пулнӑ, вӗсенчен нумайӑшӗ Христос ҫинчен пӗтӗмпех пӗр-пӗрне хирӗҫле ҫырнӑ.

Христиансен монахӗсем Диоклитиан ирсӗр император, вӑл христиансене пусмӑрласа пурӑннӑ, ҫавӑнпа та ҫулсен хисепне унӑн ячӗпе шутласа пыни христиансене килӗшӳллӗ мар, тесе пӗлтерсе ӑласма тытӑннӑ.

Диоклитиан эрипе шутласан 248-мӗш ҫулта христиансен монахӗсем «Христос ҫуралнӑ» хыҫҫӑн 532-мӗш ҫул тесе йышӑннӑ та, малашне вара ҫапаипех «Христос ҫуралнӑ» хыҫҫӑн тесе шутлама пынӑ. Ҫакӑнтанпа Хӗвеланӑҫ енче пурӑнакан христиансем (ҫулсене) Христос ҫуралнӑ текен ҫултан шутлама хушнӑ.

Историлле документсем ҫинче Христос ҫинчен нимӗн те пӗр сӑмах та ҫук. Ҫакӑнтан Христос пулманни палӑрнӑ. Ҫапла, христианла эра нимӗнле чӑн-чӑн пулнӑ ырӑ событипе те ҫыхӑнмасть.

Хӗвелтухӑҫӗнчи христиансем (грексем) хӑйсен христиансен (еврейсен) эрине пӑхмаса, ҫулсене «тӗнче пуҫланнӗ» тенӗ вӑхӑтран шутласа пынӑ. Вӗсем Рим эрине те, Диоклитиан Христос эрине те йышӑнман. Хӗвелтухӑҫри христиансем Христос хӑҫан ҫуралнине пӗлме май килмест, тенӗ.

Киеври Русь княжествинчи халӑх грексенчен христианла религие йышӑннӑ хыҫҫӑн, грексен культурине те йышӑннӑ, вӗсен йӑлисемпе пурӑнма пуҫланӑ.

Чиркӳсенче ҫул хисепне грексем пекех «тӗнче пуҫланнинчен» шутласа пынӑ. Кайрантарах Русь питӗ пысӑк вырӑс патшалӑхӗ пулса тӑнӑ. Патшана Пӗррӗмӗш Петр ларнӑ. «Тӗнче пҫланнӑ» хыҫҫӑнхи 7208-мӗш ҫулта Петр приказ панӑ. Ҫав приказ тӑрӑх 7208-мӗш ҫула «Христос ҫуралнӑ» хыҫҫӑнхи 1700-мӗш ҫул тесе шутламалла пулнӑ. Ӗлӗк ҫӗнӗ ҫула сентябрӗн пӗррӗмӗшӗнче уявланӑ, приказ тӑрӑх январӗн пӗррӗмӗшӗнче ҫӗнӗ ҫул тесе уявлама хушнӑ.

Петр ҫак приказа Россиӑри халӑха пур енчен те хӗвеланӑҫри халӑхсенчен ҫакӑн хӑварас мар тесе панӑ. Ҫакӑнтанпа Россиӑра ытти государствӑсенчи пекех ҫул йӗркине «Христос ҫуралнӑ» текен шутламасан каларнӑ событирен пуҫласа шутласа пыраҫҫӗ. 1953-мӗш ҫула та ҫав йӑлапах шутласа ҫитнӗ.

Магометансен календарӗнче ҫул хисепӗ Магомет Мекка хулинчен Медина хулине тарса пынӑ ҫулран шутланать. Еврейсем халӗ те «тӗнче пуҫланнинчен», христиансем пурте «Христос ҫуралнӑ» тенӗ вӑхӑтран шутласа пыраҫҫӗ. Магометансен эри чӑнах та пулса иртнӗ событипе ҫыхӑнса тӑрать, христиансемпе еврейсен эрине нимӗнле чӑн-чӑн пулса иртнӗ событипе те ҫыхӑнмасть.

Ҫак ыйтӑва тӗплӗнрех пӗлме И. Ф. Полак профессор ҫырнӑ «Время и календарь» ятлӑ кӗнекене тата «Литературная газета» хаҫатра кӑҫалхи июлӗн 13-мӗшӗнче пичетленсе тухнӑ «Возраст земли» ятлӑ статьяна вулӑр.

Ф. КУЗЬМИН.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-04, хуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, ҫырусем пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01179 Типография № 1 Министерства Культуры Чувашской АССР г. Чебоксары, Володарского, 5. Тираж 20.000 экз.